ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Август 5 ЮНКУН № 152 (9061)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Çĕнĕ вĕренӳ çулне лайăхрах хатĕрленер

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ социализмла экономикăна хăватлăн хăпартассишĕн, ĕççынниcен пурнăç шайне малалла ӳстерессишĕн, культурăна, халăха вĕрентес ĕçе чечеклентерессишĕн ывăнма пĕлми ĕçлет. Совет çыннисем, партин XIX-мĕш съезчĕн историлле решенийĕсемпе хавхаланса, пур ĕçре те, çав шутра халăха вĕрентес ĕçре те, пысăк ӳсĕмсем туса пыраççĕ.

Пĕтĕм совет çыннисемпе пĕрле, социализмла культурăна, халăха вĕрентес ĕçе лайăхлатса пырассишĕн çутĕç работникĕсен, учительсен йышлă çарĕ тăрăшса ĕçлет. Пирĕн çĕршыври шкулсем хăйсен ĕçĕнче çулсерен çĕнĕ çитĕнӳсем туса пыраççĕ. Çакăн çинчен халăх хуçалăхне 1953 çулта аталантармалли государство планне пĕррemĕш çурçуллăхра тултарнин итогĕсем уçăмлăн кăтартса параççĕ. Çак çулта ССР Союзĕнче вăтам шкул пĕтерсе, çитĕнни çинчен пĕлтерекен аттестат илнĕ çамрăксен хисепĕ пĕлтĕрхипе танлаштарсан 37 процент ӳсрĕ.

Халăха вĕрентес ĕçре пирĕн республикăра та чылай çитĕнӳсем туса пырать. Республикăра пурне те çичĕ çул вĕрентессине пурнăçа кĕртсе пынипе пĕрлех вăтам пĕлӳ илесси саралса пырать. Вăтам шкулсен хисепĕ çулсерен ӳсет. Кăçал, çĕнĕ 1953—1954-мĕш вĕренӳ çулĕ пуçланнă çĕре, республикăри çичĕ районта çĕнĕ вăтам шкулсем уçăлмалла.

1953-мĕш çулта вăтам шкул пĕтерсе, çитĕнни çинчен пĕлтерекен аттестат илнĕ çамрăксен хисепĕ пĕлтĕрхипе танлаштарсан 36 процент ӳсрĕ. Вăтам шкула ылтăн тата кĕмĕл медальсемпе пĕтерсе тухнисен хисепĕ 61 процент ӳсрĕ.

Анчах иртнĕ вĕренӳ çулĕн итогĕсем шкулсен ĕçĕнче çаплах пысăк çитменлĕхсем пуррине кăтартса параççĕ. Шкулсенче вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайман ачасен хисепĕ питех те пысăк. Нумай шкулсенче вĕрентӳ пахалăхĕ пачах та çителĕксĕр.

Çĕнĕ вĕренӳ çулĕнче çак çитменлĕхсене пĕтерес, шкул ĕçĕн пахалăхне ӳстерес тĕлĕшпе пысăк задачăсем тăраççĕ. Çак задачăсене пурнăçлас ĕçри ăнăçу нумай енчен çĕнĕ вĕренӳ çулне пур енчен те тĕплĕн тата вăхăтра хатĕрленнинчен килет.

Парти, совет организацийĕсем, ĕççыннисем пулăшнипе республикăри нумай шкулсем çĕнĕ вĕренӳ çулне тĕплĕн хатĕрленсе çитрĕç е вĕренӳ çулне хатĕрленес ĕçсене ăнăçлăн вĕçлесе пыраççĕ. Анчах чылай районсенче вырăнти Советсем, çутĕç органĕсем, шкул директорĕсем шкулсене çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрлес ĕçсене чăтма çук тăсса пыраççĕ.

Нумай районсенче шкул çурчĕсене юсас, шкулсемпе учительсен хваттерĕсем валли вутă хатĕрлесе парас ĕçсем питех те вăраха юлса пыраççĕ. Сăмахран, Калинино, Йĕпреç, Çурачăк, Вăрмар, Канаш, Елчĕк районĕсенче капитальнăй ремонт тума палăртнă шкул çурчĕсенчен пĕрне те юсаса çитермен тата хăшпĕр шкул çурчĕсене юсама тытăнман та. Канаш районĕнчи Шаккăлти вăтам шкул çурчĕн çивиттине пăсса çĕнĕрен витме палăртнă пулнă. Анчах ку тĕлĕшпе шкул директорĕ те, çутĕç пайĕ те нимĕн те туманха. Октябрьски районĕнче район центрĕнчи вăтам шкул çуртне тултан хăмапа çапса тухма палăртнă, анчах ку ĕçе тума шкул та, çутĕç пайĕ те хăма тупаймаççĕ. Çав вăхăтрах шкула юсама хăма уйăрса парас тĕлĕшпе Октябрьски райсовет исполкомĕ те нимĕн те тумасть.

Çурачăк районĕнче шкул çурчĕсене юсас ĕç пĕренелĕх йывăç суккипе чăрăнса тăрать. Çавăн пирки районта тĕплĕн юсама палăртнă 6 шкултан пĕрне те юсаса çитермен. Райсовет исполкомĕ ку тĕлĕшпе шкулсене тивĕçлĕ пулăшу памасть.

Хăшпĕр районсенче кăçал шкулсем валли çĕнĕ çуртсем тума йышăннă. Анчах çĕнĕ çуртсем тăвас ĕçсем вăраха юлса пыраççĕ. Сăмахран, Тĕрлемесри вăтам шкул çуртне тума кирлĕ материалсем пурте пур пулин те кунта çурта пурама тытăнман, ун никĕсне те хывса çитермен-ха. Вăрмар районĕнчи Вăрманкасри çичĕ çул вĕренмелли шкул валли çĕнĕ çурт лартас ĕçсем те çавăн пекех вăраха юлса пыраççĕ.

Уйрăм районсенче чылай шкулсем валли вутă пачах та турттарса кăларман. Çурачăк районĕнче 7 шкулта, Йĕпреç районĕнче 6 шкулта, Калинино районĕнче 4 шкулта, Вăрнар районĕнче 5 шкулта паян куна вутă пачах та çук, нумай шкулсенче вутă запасĕ хĕлле хутма кирлин çурринчен те каярах. Анчах çак районсен райсовет исполкомĕсем, çутĕç пайĕсем, чылай ял Совечĕсем ку тĕлĕшпе шкулсене тивĕçлĕ пулăшу памаççĕ.

Çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленес ĕçре республикăра ытти çитменлĕхсем те нумай. Сăмахран, чылай шкулсенче учительсем кĕркунне экзамен тытма хăварнă вĕренекенсемпе е пачах ĕçлемеççĕ, е ку ĕçе чăтма çук япăх туса пыраççĕ. Елчĕк, Канаш районĕсенчи пур шкулсенче те тенĕ пекех вĕренекенсене кĕркуннехи экзаменсене тытма хатĕрлес енĕпе çуллахи уйăхсенче нимĕн те туман. Елчĕкри вăтам шкулта кĕркунне экзамен тытма 101 вĕренекене хăварнă. Учительсен тимсĕрлĕхне пула тата çак ĕç çине шкул директорĕ С. Матвеев пӳрне витĕр пăхнă пирки, ку шкулта кĕркунне экзамен тытма хăварнă ачасемпе август уйăхĕччен ĕçлеме тытăнман. Çавăн пекех Елчĕк районĕнчи Çĕнĕ Пăвари вăтам шкулта, Тăрăмри, Курнавăшри тата ытти хăшпĕр шкулсенче вĕренекенсене кĕркунне экзаменсем пама хатĕрлес ĕçе манăçа хăварнă. Районăн çутĕç пайĕ ку ĕçе пачах та хутшăнман.

Хăшпĕр çутĕç пайĕсем çуллахи вăхăтра учительсен квалификацине хăпартас, вĕсене çĕнĕ вĕренӳ çулĕнче ĕçлеме хатĕрлес ĕçе хакламаççĕ. Канаш районĕн çутĕç пайĕн (заведующийĕ В. Петров) Шупашкарта пулса иртекен çуллахи тĕрлĕ курссене 39 учителе ямалла пулнă, анчах курссенче вĕренме 24 учитель кăна пынă.

Çĕнĕ вĕренӳ çулĕ пуçланиччен шутлă кунсем юлчĕç. Çав вăхăтрах шкулсене çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрлес тĕлĕшпе тумалли ĕçсен калăпăшĕ питех те пысăк-ха. Çак кунсем хушшинче шкул çурчĕсене юсаса çитермелле, вĕрентӳ ĕçĕнче кирлĕ оборудовани туянмалла, хĕлле хутма кирлĕ вутта турттарса кăлармалла, шкулсенчи спортплощадкăсене йĕркене кĕртмелле. Çакăнпа пĕрлех шкулсенче кĕркунне экзамен пама хăварнă вĕренекенсене экзаменсене ăнăçлăн пама хатĕрлесе çитерсе, экзаменсене йĕркеллĕ ирттермелле. Кашни учителĕн çĕнĕ вĕренӳ çулĕнче ĕçлемелли плансене хатĕрлесе çитермелле.

Çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленес ĕçре шкула явăçтармалли ачасене хисепе илесси пысăк вырăнта тăрать. Иртнĕ çулсенче шкулта вĕренмелли ачасене хисепе илес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пулнă пирки çулсеренех вĕренӳ çулĕн пуçламăшĕнче шкула явăçтарман ачасем нумай пулнă. Кăçал шкулта вĕренмелли пĕр ачана та хисепе илмесĕр хăвармалла мар.

Çĕнĕ вĕренӳ çулне ăнăçлăн хатĕрленесси Çутĕç министерствин, район, хула çутĕç пайĕсен ĕçри тимлĕхĕнчен, оперативлăхĕнчен нумай килет. Анчах паян куна çак тимлĕхпе оперативлăх çутĕç органĕсен ĕçĕнче çителĕклĕ теме çук. Çутĕç министерстви вĕренӳ çулне хатĕрленесси вырăнта, районсенче мĕнле пынине çителĕксĕр тĕрĕслет, вĕренӳ çулне хатĕрленес ĕçри çитменлĕхсене вăхăтра пĕтерес тĕлĕшпе сахал ĕçлет. Сăмахран, шкулсем валли çĕнĕ çуртсем тăвас ĕç мĕнле пыни çинчен вăл вырăнсенчен килекен отчетсем тăрăх кăна пĕлет, строительство ĕçĕсене вырăна тухса тĕрĕслени çук, вăл ĕçри çитменлĕхсене вырăнта сирсе пыни курăнмасть. Елчĕк районĕн çутĕç пайĕнче ĕçлекенсем вĕренӳ çулне хатĕрленес ĕçсем мĕнле пынине шкулсене кайса тĕрĕслемеççĕ, çак ĕçсене кабинетран ертсе пыраççĕ.

Çутĕç органĕсемшĕн паянхи кун шкулсене вĕренӳ çулне вăхăтра хатĕрлес задачăран пысăкрах задача çук. Вĕсен шкулсене вĕренӳ çулне хатĕрлес ыйтусене оперативлăн, вăраха ямасăр татса памалла. Вĕренӳ çулне хатĕрленес ĕçри çак татăклă кунсенче çутĕç органĕсенче ĕçлекенсен пĕтĕм тимлĕхпе ĕçлемелле, ĕç мĕнле пынине час-часах вырăна, шкулсене тухса тĕрĕслемелле, черетре тăракан ыйтусене вырăнта татса памалла.

Парти, совет организацийĕсен çак паллă ĕçре çутĕç органĕсене, шкулсене кунсерен пулăшса пымалла, вĕсем хăйсем татайман ыйтусене татса пама, палăрса пыракан çитменлĕхсене вăхăтра сирме пулăшмалла.

Шкулсене çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрлес ĕçсене пур майсемпе те хăвăртлатасси, çак ĕçри çитменлĕхсене сирсе ярасси партипе совет организацийĕсем, çутĕç органĕсем умĕнче халĕ тăракан паллă задачăсенчен пĕри пулса тăрать.

## Украинăра вырăнти промышленность вăйланать

КИЕВ, августăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Украинăра вырăнти промышленность вăйланса пырать.

Харьков облаçĕнче Буяновкри фаянс заводне урăхлатса çĕнетнĕ. Вăл çултанлăкра фаянс япаласем 52 миллион таран туса кăларма пултарать.

Днепропетровск облаçĕнчи Нижнеднепровскра çурт çине витмелли тимĕр тăвакан завод туса пĕтереççĕ. Ку завода халĕ çĕнĕ оборудовани вырнаçтарса лартаççĕ.

Черниговри музыка хатĕрĕсем тăвакан фабрикăра пианино туса кăлармалли конвейера вырнаçтараççĕ. Çакă вăл пианинăсем туса кăларассине икĕ хут ӳстерет. Житомирти фабрикăра хут купăссемпе баянсем туса кăлармалли конвейерлă агрегата вырнаçтараççĕ. Кунтах электричество вăйĕпе йывăç типĕтмелли установка лартаççĕ.

# Тырă—Тăван çĕршыв пуянлăхĕ

## Колхозниксемпе механизаторсем, государствăна срокчен тырă парса татассишĕн кĕрешĕр!

### Государствăна—тырă

ПĂРАЧКАВ. Государствăна тырă парас ĕç районта куллен-кун вăйланса пырать. Августăн 1-мĕшĕ тĕлне Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз хатĕрлев пунктне графикпа палăртнинчен виçĕ хут ытларах тырă леçрĕ.

Районти Жданов ячĕпе, Суворов ячĕпе тăракан, «Ударник» тата «Первомайский» колхозсем государствăна 15—20-шер тонна тырă пачĕç. **В. ТОНЫШЕВ.**

* * *

ЕЛЧĔК. Мичурин ячĕпе тăракан колхозра государствăна тырă леçме ятарласа транспорт бригади организациленĕ. Бригада членĕсем халĕ 3 автомашинăпа тата 30 лавпа кунĕн-çĕрĕн хатĕрлев пунктне тырă турттараççĕ.

Колхоз государствăна 1.200 пăт ытла тырă леçсе пачĕ. **В. НАУМОВ.**

* * *

ÇУРАЧĂК. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарнине районти чылай колхозсем тырпул пухса кĕртес ĕçе хăвăртлатнипе паллă турĕç. «Авангард», «Прожектор», «За коммунизм», «Путь Сталина», Сталин ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕсем ыраш вырса пĕтерсе авăн çапма, государствăна тырă пама тытăнчĕç.

Июлĕн 30-мĕшĕнче Сталин ячĕпе тăракан колхоз хатĕрлев пунктне 200 центнер, «Авангард» колхоз—125 центнер, «За коммунизм» колхоз—49 центнер тырă леçсе пачĕç. **М. ЛАНДЫШ.**

* * *

КУСЛАВККА. Чылай колхозсем тырă вырма тухнă хыççăнах авăн çапассине йĕркелерĕç, государствăна çĕнĕ тырă пама пуçларĕç. Августăн 1-мĕшĕ тĕлне районти 16 колхоз хатĕрлев пунктне чылай тырă леçнĕ, малтанхи пилĕккунлăхри графика виçĕ хут ирттерсе тултарнă.

«Новый путь» колхоз (председателĕ Краснов юлташ) июлĕн 27-мĕшĕнчен пуçласа тырă парас ĕçе кашни кун хутшăнать. Тăватă кун хушшинче 315 центнер тырă парса, колхоз графика 8 хут ирттерсе тултарнă.

«Красная Волга», «Путь Ленина» тата «Победа» колхозсем те комбайнсемпе вырса пухнă тырра çийĕнчех хатĕрлев пунктне леçеççĕ. Тырă памалли плана срокчен тултарассишĕн кĕрешсе, вĕсем талăкри графика 3—4 хут ирттерсе тултараççĕ. **Т. ИВАНОВ. (Хамăр корр.).**

### Комбайнерсен ăмăртăвĕ

ПЕРВОМАЙСКИ. «Пионер» колхоз уйхирĕнче «С-4» самоходнăй комбайн ĕçлет.

— Питĕ лайăх машина, пĕр пучах хăвармасăр вырать, — теççĕ колхозниксем.

Çамрăк комбайнер В. Казенов хăйне шанса панă агрегатпа малтанхи виçĕ кун хушшинчех 31 гектар ыраш вырчĕ, кулленхи нормăна 125—130 процент тултарса пычĕ.

Василий Казенов самоходнăй комбайнпа виççĕмĕш çул ĕçлет. Çак кĕске вăхăт хушшинче вăл пысăк опыт пухрĕ, малтанхи çул МТС-ра пĕррemĕш вырăн йышăнчĕ, иртнĕ сезонта вара задание 150 процент тултарчĕ.

В. Казенов кăçал 400 гектар çинчи тырра вырса пухма сăмах пачĕ, хăйпе пĕрле ăмăртса ĕçлеме МТС-ри чи лайăх комбайнерсенчен пĕрне — Петр Макаров комсомолеца чĕнчĕ.

Халĕ ĕнтĕ пултаруллă комбайнер илнĕ обязательствăна чыслăн пурнăçлассишĕн кĕрешет. Вăл кашни сехетпе туллин усă курма тăрăшать. **А. ТУКМАКОВ.**

* * *

СĔНТĔР. Механизаторсем хушшинче пыракан социализмла ăмăртăва хутшăнса, МТС-ри Демидов тата Кольцов комбайнерсем кăçал пысăк обязательствăсем илчĕç. Вĕсем комбайнпа тырпул пухса кĕртмелли сезонти плана 150 процент тултарма сăмах пачĕç.

Комбайнерсем панă сăмаха ĕçпе çирĕплетеççĕ, сменăри нормăна ытлашшипех тултарса пыраççĕ. Комбайнер Демидов юлташ «Аврора» колхоз хирĕнче ĕçлет, куллен 8 гектар вырăнне 12—15-шер гектар ыраш вырать. **К. ЮЛИН.**

### Машинăсемпе ĕçлессине хакламаççĕ

КОМСОМОЛЬСКИ. Районти чылай колхозсенче кĕрхи тырăсене вырас ĕçре машинăсемпе питех те сахал усă кураççĕ. «Алга» колхозра ыраш вырма тухнăранпа 10 кун иртрĕ, анчах та кунта халиччен те жнейкăсемпе усă курмаççĕ. Колхозра 6 жнейка пур, вĕсенчен виççĕшне ку таранах çитсе те юсаман. Колхоза икĕ комбайн илсе пынă, анчах вĕсем те тĕрлĕ сăлтавсене пула ĕçлемесĕр лараççĕ. Иртнĕ икĕ кун хушшинче вĕсем пурĕ те 8 гектар анчах ыраш вырнă, июлĕн 29-мĕшĕнче вара комбайнерсем кунĕпех вăхăта ĕçленĕ-ĕçлемен ирттернĕ.

Машинăсемпе ĕçлессине хакламан пирки ыраш вырас ĕç кунта вăраха кайрĕ. Ĕç планĕ тăрăх, кĕрхи тырăсене 8 кун хушшинче пухса кĕртмелле пулсан, 10 кун хушшинче 450 гектар анчах вырнă тата 196 гектар вырмалла. 5—6-мĕш бригадăсенче тăкаланчăксемпе япăх кĕрешеççĕ, выртнă ыраша сӳлтен вырса нумай пучах тăкаласа хăвараççĕ.

Колхозра кĕлтесене капана хывма, авăн çапма тытăнман, çавăнпа та государствăна тырă парас ĕç те юлса пырать.

«Гигант», Мичурин ячĕпе, Ленин ячĕпе тăракан тата ытти чылай колхозсенче те комбайнсемпе япăх усă кураççĕ. Хăшпĕр колхозсенче трактор бригадисемпе уй-хир бригадисем пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлеменнине пула пысăк çитменлĕхсем пулаççĕ. Молотов ячĕпе тăракан колхозри уй-хир бригадирĕ Г. Шемякин юлташ бункерти тырра пушатмасăр комбайнпа ĕçлеме чăрмантарнă. «Нива» колхоз çинчен те çавнах каламалла.

МТС дирекцийĕ тырпул пухса кĕртес ĕçре техникăпа япăх усă курнипе килĕшсе ларать. Вăл ĕçри çитменлĕхсен сăлтавне тĕпчесе пĕлмест, вĕсене пĕтерме мерăсем йышăнмасть. **Н. КВАСОВ, Л. ТАЛЛЕРОВ.**

### Тăрăшса выраççĕ

ИШЛЕЙ. Жданов ячĕпе тăракан колхозри колхозниксемпе колхозницăсем, кашни гектартан 100 пăтран кая мар тĕштырă пухса кĕртессишĕн тăрăшса, пĕр-пĕринпе социализмла ăмăртса ĕçлеççĕ. Р. Юнусова, Е. Антонова, А. Данилова, М. Гаврилова, А. Антонова комсомолкăсем тата ыттисем те куллен 0,16—0,17 гектар тырă выраççĕ, ĕç нормине ирттерсе тултараççĕ. Бригадăсенче агитаторсем хаçат-журнал вуласа параççĕ, час-часах калаçусем ирттереççĕ.

Л. Александров комбайнер та кулленхи нормăна ытлашшипех тултарать. **И. ХМЕЛЕВ.**

### Паллă механизатор

ВĂРНАР. МТС-ри Алексей Семенов механизатор иртнĕ çул комбайнпа лайăх ĕçленĕ.

Кăçал Семенов юлташ пĕлтĕрхинчен темиçе хут тухăçлăрах ĕçлет. Çак хĕрӳ кунсенче вăл, кашни сехетпе туллин усă курса, «С-4» самоходнăй комбайнпа кулленех 20—25 гектар тырă вырать.

Улттă кун хушшинче вăл 145 гектар тырă вырчĕ.

Комбайн пĕр чарăнмасăр тикĕс ĕçлетĕр тесе, колхозниксем комбайнпа вырса çапнă тырра автомашинăпа тата лавсемпе турттарсах тăраççĕ. Комбайн патне бензин, механизмсене сĕрмелли çу тата шыв кирлĕ чухлĕ леçсе параççĕ. **Е. ЗАХАРОВ.**

### ЧĂВАШ АССР-ĕнчи КОЛХОЗСЕНЧЕ ВЫЛЬĂХ АПАЧĔ ХАТĔРЛЕС ĔÇ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

Июлĕн 31-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Силос хывнă | Силос культурисем çулнă |
|---|---|---|
| Чкаловски | 63 | 55 |
| Комсомольски | 53 | 84 |
| Шупашкар | 53 | 74 |
| Шăхасан | 53 | 100 |
| Муркаш | 51 | 59 |
| Елчĕк | 51 | 84 |
| Йĕпреç | 47 | 46 |
| Калинино | 43 | 40 |
| Вăрнар | 42 | 72 |
| Красноармейски | 42 | 77 |
| Ишлей | 38 | 21 |
| Çĕрпӳ | 34 | 48 |
| Пăрачкав | 33 | 11 |
| Сĕнтĕр | 32 | 42 |
| Вăрмар | 32 | 42 |
| Октябрьски | 28 | 43 |
| Çĕмĕрле | 28 | 16 |
| Элĕк | 27 | 42 |
| Первомайски | 26 | 51 |
| Çурачăк | 25 | 63 |
| Улатăр | 25 | 27 |
| Советски | 25 | 67 |
| Канаш | 24 | 42 |
| Сĕнтĕрвăрри | 24 | 47 |
| Кувакино | 23 | — |
| Хĕрлĕ Чутай | 21 | 34 |
| Куславкка | 19 | 8 |
| Етĕрне | 18 | 20 |
| Тăвай | 15 | 15 |
| Шăмăршă | 13 | — |

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

Львов облаçĕ. Красненски районĕнче пысăк сахăр завочĕ тăваççĕ.

УКĔРЧĔК ÇИНЧЕ: завод тăвакан вырăнта.

Д. МУЛЯРЧУК фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Сентябрь уйăх шучĕпе ĕçлеççĕ

ХУСАН, августăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). «Бавлынефть» трестĕн нефть кăлармалли шăтăксем пăралас тĕлĕшпе ĕçлекен кантурĕн коллективĕ 8 уйăхри плана срокчен пурнăçланă, хальхи вăхăтра сентябрь уйăх шучĕпе нефть кăлармалли шăтăксем пăралаççĕ.

Пĕррemĕш çурçуллăхра шăтăк пăралама ларакан хака йӳнетнипе тата материалсене перекетленипе кантур планран ирттерсе 1.643 пин тенкĕ укçа перекетленĕ.

### Ĕçкунĕсем тăрăх аванс шучĕпе укçа параççĕ

ХАРЬКОВ, августăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). «Шлях Ленина» ялхуçалăх артелĕн колхозникĕсем ир ĕлкĕрекен пахча çимĕçсене тата ытти культурăсене нумай пухса кĕртеççĕ, çак культурăсен тухăçлăхĕ пысăк. Выльăх-чĕрлĕх фермисенче те сутлăх продукцин хисепĕ чылай ӳснĕ. Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутса, колхоз кăçал миллион тенкĕ ытла илнĕ.

Кунта ялхуçалăх артелĕн членĕсене кашни ĕçкунĕ пуçне аванс шучĕпе 6-шар тенкĕ пама тытăннă. Пахча çимĕç бригадин звеньевойĕ Наталья Ястреб 1.500 тенкĕ ытла илнĕ. Павел Хихля, Иван Китченко, Галина Халоша тата ытти нумай çынсем икшер пин тенке яхăн илнĕ.

Тырпул тухăçлăхне тата хуçалăхра сутлăх продуктсен хисепне ӳстернĕ шутпа «Шлях Ленина» колхоз кăçал, тырă, пахча çимĕç, çĕрулми тата ытти продуктсем панине шутламасан, кашни ĕçкунĕ пуçне 20 тенкĕ укçа пама палăртнă.

Харьков районĕнчи ытти ялхуçалăх артелĕсем те колхозниксене аванс шучĕпе укçа пама тытăннă.

### Кубаньри комбайнерсем тырă вырма ытти облаçсене каяççĕ

КРАСНОДАР, августăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Кубаньре пучахлă тырăсене вырса пухнă. Халĕ уй-хирсенчи улăма пухса капана хывас ĕçе вĕçлеççĕ, кĕрхи тырăсем акма суха тăваççĕ.

Совет Союзĕн çурçĕрти тата хĕвелтухăçĕнчи облаçĕсенче тырă вырма халĕ çеç тытăнаççĕ. Ку облаçсене Кубаньрен 1.800 комбайнер тухса каять. Çав шутран пин çын хăйсен машинисемпе каяççĕ.

Паян Курганинск районĕнчи Родниковски машина-трактор станцийĕн 200 комбайнерĕ Актюбинскпа Горький облаçĕсене тухса кайнă. Вĕсен хушшинче — Василий Сумской. Вăл кăçал 345 гектар çинчи тырра пухса кĕртнĕ, 6.500 центнера яхăн тырра çапса тасатнă. Актюбинск облаçĕнче вăл хăйĕн «Сталинец-6» комбайнĕпе сезонри тепĕр нормăна пурнăçлама сăмах панă.

Кубаньри комбайнерсем тырă вырма Мускав облаçне, Белоруссие, Литвана, Казахстана каяççĕ.

### Çĕнĕ шкулсемпе интернатсем

БАРАНОВИЧИ, августăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Кунта районти çутĕç пайĕсен заведующийĕсен облаçри канашлăвĕ пулнă. Канашлăва пухăннисем иртнĕ вĕренӳ çулĕн итогĕсене сӳтсе явнă тата çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленес енĕпе мĕнле ĕçсем тумаллине палăртнă.

Çĕнĕ вĕренӳ çулĕнче облаçри шкулсенче пĕррemĕш класра вĕренекенсен хисепĕ пĕлтĕрхинчен пин çурă ытларах пулать. Аслă классенче вĕренекенсен йышĕ те чылай ӳсет. Çĕнĕрен 10 шкул тата 11 интернат уçаççĕ.

Халĕ шкул çурчĕсене, оборудование, нагляднăй пособисене юсаса пĕтереççĕ. Района учебниксем çур миллиона яхăн, тетрадьсем миллион ытла илсе пынă. Педагогика институчĕсемпе училищĕсенчен вĕренсе тухнă 334 çамрăка шкулсенче вĕрентме янă.

Украина ССР-ĕ. Волынь облаçĕнче йĕтĕн-долгунец пухса кĕртме тытăннă.

УКĔРЧĔК ÇИНЧЕ: Голобы районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра йĕтĕне машинăпа пухса кĕртеççĕ.

Г. САЖНЕВ фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Пыл тухăçлă пулнă

УЛЬЯНОВСК, августăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Облаçри колхозсенче вĕллесенчен пыл илеççĕ. Утарсене пыл нумай пухма май килекен вырăнсене куçарнине пула тата пыл хурчĕсене икшер корпуслă вĕллесенче усранине пула, нумай колхозсем кăçал пĕлтĕрхинчен икĕ хут нумайрах пыл илеççĕ. Сурск районĕнчи «Красная Сура», Николо-Черемшан районĕнчи «Заветы Ильича» колхозсен утарĕсенче вуншар тонна пыл пухса илнĕ.

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Критикăлла статьясен витĕмлĕхĕшĕн

Вăрмар районĕнчи «Хĕрлĕ ялав» хаçат критикăлла статьясем сахал мар пичетлет. Хаçатра фельетонсем те час-часах пичетленсе тăрассĕ. Редакци критикăллă материалсем пичетленĕ хыççăн вĕсене тивĕçлĕ организацисене ярса парать, кирлĕ мерăсем йышăнма ыйтать. Тĕрĕслеме янă сырусем тăрăх мĕнле мерăсем йышăннине редакци тăтăшах тĕрĕслет, организацисемпе учрежденисенчи ответлă работниксене ответ пама вăхăт çитни çинчен асатуттарать.

Анчах хăшпĕр учрежденисемпе организацисен руководителĕсем редакци тĕрĕслеме тата мера йышăнма яракан çырусем çине кирлĕ пек пăхмаççĕ, çапла вара ĕçсыннисен критикине витсе хума пăхаççĕ. Тĕслĕхрен, районта суту-илӳ ĕçĕ япăх пыни çинчен хаçатра нумай çырнă. Уйрăмах райпотребсоюз правленийĕ ĕçсыннисене куллен кирлĕ таварсем кӳрсе килес тĕлĕшпе начар ĕçлени çинчен, кадрсене çемьеллĕ, туслă пулни тăрăх суйласа лартни çинчен, район центрĕнчи чайнăй кирлĕ пек ĕçлеменни çинчен темиçе хутчен те çырнă.

Райпотребсоюз правленийĕн председателĕ И. Жуковский юлташ вара хаçатри критикăлла статьясем çине чунсăррăн пăхать, ĕçри çитменлĕхсем çинчен çырнă статьясем тăрăх редакцие пушă ответсем кăна парать. Çапла вара ĕçре улшăну пулнине курма çук. Районта суту-илӳ организацийĕсем çав-çавах çаврăнăçусăр ĕçлеççĕ, халăха куллен кирлĕ таварсем кӳрсе килме тăрăшмаççĕ. Чайнăйĕнче йĕркелĕх çук, апатсене япăх хатĕрлеççĕ. Жуковский юлташ чайнăй директорне, йăла юлĕнчен пăсăлнă Г. Васильевăна хӳтĕлесе пурăнать.

Тата çакна каламалла: Жуковский юлташ хăйне критикленнине пачах тӳсме пултараймасть. Парти райкомĕн пленумĕсенче вăл «справка паратăп» тесе сăмах илет те хăйне критикленĕ юлташсене ятлама тытăнать. Пĕр пленумра вăл Н. Волков юлташа хăйне критикленĕшĕн тивĕççĕр ятларĕ, критикăна вара пачах та йышăнмарĕ.

Районти çыхăну кантурĕнчи ответлă работниксем те критикăлла статьясемпе кăтартусене питĕ йывăррăн йышăнаççĕ. Çыхăну кантурĕн начальникĕн ĕçĕсене тăвакан Н. Ерошин юлташ çинчен кăçал хаçатра виçĕ хутчен çырсан та радио, телефон почта ĕçне йĕркелессипе нимĕн те тумарĕ.

Хăшпĕр руководительсем редакци тĕрĕслеме тата мера йышăнма яракан çырусем çине питĕ кая юлса ответ пара ççĕ е тата вĕсенчен ответ кĕтсе илме çук. Ку енĕпе уйрăмах районти прокуратура палăрса тăрать. Кăçалхи февралĕн 19-мĕшĕнче прокуратурăна янă «Чее Стюкин тата çăвар карса ларакансем» фельетон пирки, июнь уйăхĕн пуçламăшĕнче хаçатра пичетленнĕ «Баланс тунă хыççăн...» фельетон пирки прокуратура халиччен те ответ памасть.

Февралĕн 27-мĕшĕнче районти ялхуçалăх пайĕнчи пуçламăш парторганизаци секретарĕ И. Захватов юлташ патне пĕр коммунистăн çитменлĕхĕсем çинчен çырнă çырăва ярса панăччĕ. Захватов юлташ чылай вăхăт иртнĕ хыççăн çакăн пек ответ пачĕ: «Фактсем тĕрĕс. Тивĕçлĕ мерăсем йышăннă». Редакци, паллах, çакăн пек ниме пĕлтермен ответпа çырлахма пултараймарĕ, Захватов юлташран кам тата мĕнле мерăсем йышăнни çинчен тепĕр хут ыйтрĕ, ответне вара тата тепĕр уйăх иртсен тин илчĕ.

Редакци тĕрĕслеме тата мерăсем йышăнма ярса паракан çырусем çине райсовет исполкомĕ тата унăн ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ, культура пайĕ, сывлăх пайĕ, ВЛКСМ райкомĕ питĕ кая юлса ответлеççĕ. Паллах, кая юлса паракан ответсене «Хаçатра çырнă хыççăн» текен пайра пичетлеме аван мар, çыру авторне нумай кĕттерсе пăшăрхантарма тивет.

КПСС райкомĕн апрель уйăхĕнче пулнă пленумĕ, районти хаçат ĕçне лайăхлатмалли мерăсем çинчен сӳтсе явса, редакци тĕрĕслеме ярса паракан çырусем çине ответ парассине хакламан руководительсене тивĕçлипе критиклерĕ, палăртнă çитменлĕхсене пĕтерес пирки пленум решени йышăнчĕ. Анчах кун хыççăн та ĕçре пысăк улшăнусем пулни сисĕнмерĕ, решени манăçа юлчĕ пулмалла. КПСС райкомĕнчи хăшпĕр ответлă работниксем критикăна хисеплемен юлташсем çине либералла пăхассине пĕтермен-ха. Çакă вăл хаçат пĕлтерĕшне чакарасси патне илсе пыма пултарать.

Районти хаçатра пичетленекен критикăлла статьясен витĕмлĕхĕшĕн кĕрешес ĕçре КПСС райкомĕн пире тивĕçлипе пулăшса пымалла.

Г. МАТВЕЕВ,
«Хĕрлĕ ялав» хаçат редакторĕ.

# Парторганизаци рольне ӳстермелле

«Сталинец» колхоз районта вăтам колхозсен хисепĕнче тăрать. Кăçал артель членĕсем, хăйсен обязательствине чыслăн пурнăçлассишĕн кĕрешсе, вăйлă тырпул ӳстерчĕ. Халĕ вĕсем тырпула вăхăтра пухса кĕртес, лайăх вăрлăх хатĕрлес, государствăна срокчен тырă парса татас кăмăлпа ĕçлеççĕ. Сысна тата чăх-чĕп фермисен тупăшĕ çуллен ӳссе пырать.

Анчах артель хуçалăхне малалла аталантарма резервсемпе туллинрех усă курас ĕçре кăлтăксем те пур-ха. Выльăх-чĕрлĕх фермисем пурте пĕр пек ĕçлемеççĕ, ĕне тата сурăх фермисен тупăшне чылай ӳстерни кирлĕ. Выльăх витисем тăвасси те кирлĕ пек пулса пымасть. Сысна фермин çуртне тума пĕлтĕрех тытăннă, анчах ăна кăçал та туса пĕтермен. Утă çулса пухас, силос хывас ĕçсене вăраха янă. Тырпул пухса кĕртме те вăхăтра хатĕрленсе çитмен.

Нумай колхозниксем колхоз производствинче тăрăшса, артель пуянлăхне нумайлатассишĕн тӳрĕ кăмăлпа ĕçлеççĕ. Çав вăхăтрах хăшпĕрисем ĕçкунĕсен минимумне тултарса пымаççĕ, колхоз производствинчен пăрăнаççĕ.

Асăннă çитменлĕхсем ытларах çакăнтан килсе пыраççĕ. Колхозри парторганизаци партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне лартнă ответлă задачăсене пурнăçлама колхозниксен массине çителĕксĕр мобилизацилет. Ку тĕлĕшпе парторганизаци хăйĕн организаторла тата авангардла рольне ӳстерсе пымасть.

Пуçламăш парторганизаци партилле-политикăлла ĕçе паянхи задачăсен çулĕшĕнче туса пымасть. Колхозниксем хамăр çĕршыври тата тĕнчери лару-тăру çинчен, артель умĕнче тăракан задачăсем çинчен пĕлесшĕн. Апла пулсан та чылайранпа ĕнтĕ колхозри бригадăсенче политикăлла докладсемпе калаçусем иртермен, хаçатсем вуласа паман. Колхозри стена хаçатне сурăкинчен вара та кăларман. Уй-хирте тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракан колхозниксем сахал мар, анчах вĕсен опытне сарса пырса, ыттисене те вĕсем пек ĕçлеме вĕрентмеççĕ, ĕçрен пăрăнакансене критиклесе тăрă шыв çине кăлармаççĕ.

Политикăлла агитаци ĕçне туса пыма парторганизаци колхозри активистсене, ялти интеллигенцие мобилизацилемест. Агитаторсемпе семинарсем иртермеççĕ.

Хуçалăхла ĕçсене ăнăçлă татса пама чăрмантаракан тепĕр çитменлĕх вăл парторганизаци колхоз правленийĕпе, активпа таччăн çыхăнса ĕçлеменни, ертсе пырас ĕçре коллективла принципа пăсса пыни пулать. Колхоз правленийĕ лайăх решенисем сахал мар йышăнать. Анчах вĕсем хут çине кăна юлаççĕ. Тырпул пухса кĕртес, вăрлăх хывас, государствăна тырă парас ĕçсене ăнăçлă иртерме лайăх план туса çирĕплетнĕ. Унта хăш ĕçе мĕнле вăхăтра тумаллине тĕплĕн палăртнă. Анчах колхоз çав ĕçсене туса иртерме тырă пулса çитнĕ тĕле те тĕплĕн хатĕрленсе çитмен. Парторганизаци колхоз правленине решенисене пурнăçлама пулăшса пымасть, унăн ĕçне тĕрĕслесе тăмасть. Колхоз правленийĕ, хуçалăхри ответлă участоксенчи руководительсем хăйсен ĕçĕсене пĕччен тата административла майпа туса пыма пăхаççĕ. Анчах ун пек меслетпе тунă ĕçсен результачĕсем сахал савăнтараççĕ.

Çакна та палăртмалла. Уйрăм коммунистсем парти тата ĕç дисциплинине çирĕп тытса пымаççĕ. Иванов коммунист выльăх апачĕ хатĕрлекен бригада бригадирĕ пулса ĕçлет. Çакăнта вăл хĕрӳллĕ агитатор тата организатор пулмалла. Вăл ун пек мар-ха. Çавăнпах ĕçĕсем те унăн чаплах мар. Тепĕр К. Иванов коммунист колхозран кайса урăх çĕрте ĕçлесе çӳрет. Çак коммунистсем парти пухăвĕсенче те сайра-хутра çеç пулаççĕ. Парторганизаци вара партилле дисциплинăна çирĕплетес, коммунистсен авангардла рольне ӳстерес тĕлĕшпе сахал ĕçлет. Кунта парти пухăвĕсене йĕркеллĕ иртермеççĕ.

Партилле-организацилле тата партилле-политикăлла ĕçсене аванлатас, парторганизацин производстври рольне ӳстерес тĕлĕшпе иртнĕ отчетпа суйлав пухăвĕнче тивĕçлĕ кăтартусем парса хăварнă. Анчах парторганизаци коммунистсен сĕнĕвĕсене тивĕçлипе пурнăçласа пымасть.

Н. ПУШКИН.

Муркаш районĕ.

### АГИТКУЛЬТБРИГАДА КОЛХОЗСЕНЧЕ

МУРКАШ. Тырпул пухса кĕртнĕ тата государствăна тырă панă вăхăтра колхозниксем хушшинче культурăлла-массăлла ĕçе вăйлатас тĕлĕшпе районти культура çурчĕ ятарласа агиткультбригада тунă.

Бригадăра 8 çын, ăна культура çурчĕн заведующийĕ В. Теплов комсомолец ертсе пырать. Бригада «Красный Октябрь» колхозра пулчĕ, колхозниксене тĕнчери лару-тăру çинчен доклад туса пачĕ. Кайран концерт иртерчĕ.

Н. БАРМИНОВ.

### *Учительсен августри канашлăвĕсем тĕлне*

# Вĕрентӳпе воспитани ĕçĕн пахалăхне лайăхлатассишĕн

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви шкулсемшĕн, çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парассишĕн питех те тимлĕн тăрăшаççĕ. Пирĕн социализмла çĕршывра ачасене лайăх вĕрентсе ӳстерме мĕн кирлине пĕтĕмпех туса панă.

Правительство çĕнĕ шкулсем, ача учрежденийĕсем, санаторисем уçма тата вĕсене тытса тăма çулсеренех нумай укçа уйăрса парать. Çакна эпир районта халăха вĕрентес тĕлĕшпе туса пыракан ĕçсенчен те аван куратпăр. Пирĕн Çурачăк районĕнче Октябрьти Социализмла Аслă революциччен 3—4 шкул кăна пулнă пулсан, халĕ 14 пуçламăш шкул, 14 çичĕ çул вĕренмелли шкул тата 3 вăтам шкул пур. Вĕсенче пурĕ 4.878 ача вĕренет, 278 учитель ĕçлет.

Партипе правительство халăха вĕрентессишĕн ырми-канми тăрăшни çине ответлесе, районти чылай шкулсемпе учительсем иртнĕ вĕренӳ çулĕнче ачасене тарăн та çирĕп пĕлӳ парас тесе пĕтĕм пултарулăхпа тăрăшса ĕçлерĕç, пурне те обязательнăй йĕркепе çичĕ çул вĕрентмелли закона ăнăçлă пурнăçлассишĕн кĕрешрĕç, вĕрентӳпе воспитани ĕçĕн пахалăхне чылай лайăхлатрĕç. Сăмахран, Шуркассинчи, Ямашри, Чăрăшри çичĕ çул вĕренмелли тата Йĕкĕрварти вăтам шкулсенче кăçал пĕр класрах икĕ çул ларакан ачасен йышĕ нумай чакнă. Анчах пирĕн парти тунă çитĕнӳсемпе тата ĕçри ăнăçусемпе çырлахса лармалла мар, пĕрмай малалла кайма тăрăшмалла, тесе вĕрентет.

Пирĕн вăтам шкул районта чи пысăк шкул шутланать. Вăл район центрĕнче, Канашпа Шупашкара çыхăнтаракан мăн çул хĕрринче, илемлĕ те лайăх вырăнта ларать.

1952—1953-мĕш вĕренӳ çулĕнче çак шкулта 24 класс пулнă. Вĕсенче пурĕ 697 ача вĕреннĕ. Çак ачасене 36 учитель вĕрентнĕ. Вĕсенчен аслă шкул пĕтернисем—12, учительски институт пĕтернисем—10, ыттисем вара заочниксем е тĕрлĕ вăхăтра вăтам пĕлӳ илнĕскерсем. Кунта шкул директорĕ те, вĕренӳ пайĕн заведующийĕ те аслă шкул пĕтернĕ. Малтанлăха пăхсан, питĕ пысăк коллектив, пултаруллă вăй, темелле. Анчах кăçал та, иртнĕ çулсенчи пекех, вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайман ачасен хисепĕ питех те пысăк пулни, пĕр класра икĕ çул ларассине пĕтерес тĕлĕшпе çителĕксĕр кĕрешни курăнчĕ. 697 ачаран 48 ачана çуркуннехи экзаменсем тытма ирĕк памасăр пĕр класрах иккĕмĕш çул вĕренме хăварнă. Экзамен тытма ирĕк панă ачасенчен 112 ача пĕрер е икшер предметпа экзамен тытайман. Çапла вара шкулĕпе пурĕ 160 ача экзамен тытайман.

Вĕренӳ çулĕн итогĕсене тунă хыççăн пирĕн шкулта уйрăмах вырăс чĕлхипе литературăна тата математикăна çителĕксĕр вĕрентни палăрчĕ. Сăмахран, тăвату 5-мĕш класра кăна вырăс чĕлхипе тата арифметикăпа 22 ача экзамен тытайман. 7-мĕш класран вĕренсе тухакансем те вырăс чĕлхипе изложени япăх çырнă. Сăмах вĕççĕн пулнă экзаменра та вĕсем вырăс чĕлхипе çителĕксĕр пĕлни курăнчĕ.

Эпир, чĕлхеçĕсем, начар ĕçленĕ, пире вĕренӳ пайĕн заведующийĕ Б. Кузьмин юлташ та кирлĕ таран пулăшайман.

Вырăс чĕлхипе литературăна лайăххах вĕренме, вĕсене тарăнăн ăнланма тăван чĕлхене лайăх пĕлни нумай пулăшать. Калас пулать, хăшпĕр шкул директорĕсем тăван чĕлхене вĕрентес ĕçе кайри вырăна хурса, ун çине çиелтен пăхаççĕ. Тăван чĕлхепе вĕрентме чăваш чĕлхине вĕренмен, ку тĕлĕшпе нимĕн те пĕлмен çынсене хушаççĕ.

Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче пирĕн шкулта шăпах ĕнтĕ çакăн пек факт пулса иртрĕ. Пĕррехинче чĕрĕк хыççăн тăван чĕлхепе литературăна вĕрентекен учительсен V-мĕш класра тăван чĕлхене вĕрентмелли сехетсене илсе, хĕрачасене аласти ĕçне вĕрентнĕ В. Павлова учительницăна пачĕç. Унăн сехечĕ сахал пулнă имĕш. Çак учительница вара мĕн вĕренӳ çулĕ пĕтичченех V-мĕш «Г» класри ачасене чăваш чĕлхин грамматикине учебник тăрăх вуласа парса вĕрентнĕ. Учебник тăрăх вулама вĕрентнĕ пулсан та грамматикăн чылай правилисене пăсса, пăтраштарса пĕтернĕ. Сăмахран, хутлă сăмахсен пулăвĕ çинчен вĕрентнĕ чухне ачасене «Кĕскетсе тунă хутлă сăмаха сăмахсен пуçламăш сассисенчен анчах тунă пулсассăн, пур сасаллисене те пысăкпа çырмалла, вĕсен хушшине точка лартмалла», тесе вĕрентнĕ. Çапла вĕрентнипе ачасем вырăс чĕлхи урокĕнче кĕскетсе тунă хутлă сăмахсене, (МТС, КПСС) пуçламăш саспаллисем хушшине точкăсем лартса çырса пачĕç. Междометисем çинчен вĕрентнĕ чух та междометисем предложенире уйрăм член пулмаççĕ тесе вĕрентнĕ. Çак учительница хăй тăван чĕлхене пĕлменнине чăваш грамматики тăтăшах улшăнса тăнипе витсе хума хăтланчĕ. «Чăваш чĕлхи чухăн. Унăн грамматикине çыраканскем хăйсем те чăваш чĕлхине пĕлмеççĕ» тесе чĕлхе специалисчĕсем çинчен элеклеме пăхрĕ. Ăçтан-ха ĕнтĕ çакăн пек учитель тăван чĕлхене вĕрентекен учителĕн хисеплĕ те ответлă ĕçне—вĕренекенсене чăвашсен литература чĕлхипе пĕлсе усă курма вĕрентессине, вĕсенчен тăван чĕлхене, тăван çĕршыва юратакан çынсем тăвассине пурнăçлама пултартăр?

Чĕлхесене вĕрентес ĕçри тепĕр çитменлĕх вăл—тăван чĕлхене вĕрентессине вырăс чĕлхипе çыхăнтарса вĕрентменни пулса тăрать. Çак икĕ чĕлхене пĕр-пĕринпе çыхăнтарса вĕрентни ачасене вырăс чĕлхине лайăхрах ăнланма, ăна хăвăртрах вĕренсе çитме нумай пулăшнине учительсемпе вĕренекенсем тахçанах туйса илнĕ. Анчах темшĕн çавăн пек вĕрентессине чăрмантарса пыраççĕ. Пирĕн шутпа, çак кирлĕ ыйтăва учительсен августри канашлăвĕнче татса памаллах.

Тăван чĕлхене вырăс чĕлхипе çыхăнтарса вĕрентес ĕçре Резюков туса хатĕрленĕ «Танлаштару грамматики» учительсене питех те пысăк пулăшу пама пултарать. Çавăнпа та Чăвашгиз çав пособие çителĕклĕ тиражпа кăларса шкулсене хальтерех çитерсен аван пулĕччĕ.

Вĕренӳре ĕлкĕрсе пыраймаан ачасен хисепĕ нумай пулни шкулта вĕрентӳпе воспитани ĕçне пачах та çителĕксĕр туса пынине кăтартса парать. Нимĕн пытармалли те çук, пур классемпе пионер отрячĕсенче те воспитани ĕçне кирлĕ пек йĕркелесе туса пынă пулсан, дисциплинăна пăсасси те, пасар кунĕсенче 29—32 ача таран урокссенчен тухса каясси те тата ытти кирлĕ мар ĕçсем туни те пулман пулĕччĕ.

Шкул руководствин пысăк çитменлĕхĕ вăл—вĕрентӳпе воспитани ĕçне лайăхлатас ĕçре комсомолпа пионер организацийĕсем питех те пысăк вырăн йышăнса тăнине шута илменни, вĕсен пуçарулăхне хакламавни пулса тăрать. Ку тĕлĕшпе шкулти парти организацийĕ те (секретарĕ Б. Осипова юлташ) хăйĕн айăпне йышăнмасăр тăма пултараймасть, мĕншĕн тесен вăл комсомолпа пионер организацийĕсене кирлĕ пек ертсе пыраймаан.

Пурне те паллă: шкулсенчи вĕрентӳпе воспитани ĕçĕн ăнăçлăхĕ вĕренекенсем хушшинчи дисциплинăна çирĕплетсе пынинчен нумай килет. Шкул дирекцийĕпе учительсен коллективĕ ку тĕлĕшпе ĕçлемен мар, ĕçленĕ, анчах çак [illegible] сем нумай тунă. Çак йăнăшсенчен пĕри вăл—пионер отрячĕсенчи [illegible] тата культурăлла ĕçсене ачасен уйрăмлăхне, вĕсен шухăш-кăмăлĕсене шута илсе туса пыманни пулса тăрать. Шкулти пионер вожатăйĕсем ячĕшĕн çеç шутланса тăнă, вĕсене ĕçлеттерес тĕлĕшпе пионерсен аслă вожатăйĕ О. Павлова юлташ та, комсомол комитечĕ те—никам та тăрăшман. Сайра хутра иртеркеленĕ сборсем идея тата содержани тĕлĕшĕнчен çӳлĕ пусăмра пулман, вĕсем класри урок евĕр пулса иртнипе пионерсене интереслентермен. Нурăна киле вара пионерсем çавнашкал сборсенчен юшшăнчĕç, юлашкинчен, шкулта кирек мĕнле мероприяти иртерес пулсан та, хăвăртрах киле тухса кайма пуçларĕç, хăйсене обществăлла ĕçе хутшăнтарман пирки шкул пурнăçĕпе интересленме пăрахрĕç.

Художествăлла пултарулăх вечерĕсем çинчен асăннă май, çакна каласа хăварас килет. Кăçалхи январĕн 8-мĕшĕнче пĕтĕм совет халăхĕ вырăссен аслă поэт-демократчĕ Н. А. Некрасов вилнĕренпе 75 çул çитнине паллă турĕ. Çак куна паллă тума шкул дирекцийĕ пĕр уйăх малтан ятарласа комисси турĕ. Комисси Некрасов произведенийĕсене пăхмасăр илемлĕ каласа парас тĕлĕшпе конкурс иртерме йышăнчĕ. Конкурсра хăйсен пултарулăхне кăтартнă ачасене виçĕ премя (пĕрремĕш премия — Некрасов сочиненийĕсен томĕ) пама палăртрĕ. Вĕренекенсем конкурса йышлăн хутшăнчĕç, Некрасова асăнса тунă вечера районти культура çуртне лăк тулли пухăнчĕç. Вĕсемпе пĕрле ашшĕ-амăшĕсем те пулчĕç. Вечер лайăх иртрĕ. Анчах комисси хăйсен пултарулăхне кăтартнă ачасене премисене вăхăтра парайманрĕ, мĕншĕн тесен шкул директорĕ И. Федоров çав премисене хатĕрлесе хуман пулнă. Пĕр уйăх иртсен тин вăл çав премисене ачасене салатса пачĕ. Пĕрремĕш премия илме тивĕçлĕ пулнă ачана Некрасов произведенийĕсен томне парса парнелес вырăнне урăх кĕнеке пачĕ.

Шкул пурнăçĕнчи тепĕр çитменлĕх вăл—хăшпĕр учительсем ачасен пĕлĕвне тĕрĕс хакламанни пулса тăрать. Сăмахран, В. Павлова учительница хăйне кăмăла килмен ачасене ыйтмасăрах «2» паллă лартса панисем пулкаланă. Çакăн пек хăтланни тӳрремĕнех педагогика принципĕсене пăсни пулать. Пирĕн, учительсен, çакна яланах асра тытмалла: ачан пĕлĕвне тĕрĕс хаклани ачан вĕренес кăмăлне хăпартать тата лайăххăрах вĕренме хавхалантарать, тĕрĕс мар хаклани вара вĕренекенсен кăмăлне хуçать, учительпе вĕренекен хушшинчи çыхăнăва пăсать. Кун пек пулса ан тухтăр тесен, учительсен яланах «объективлă, таса чунлă, ырă кăмăллă пулмалла. Вара шкулта яланах лайăх дисциплина пулать. Кун пирки чăвашсен малтанхи просветителĕ тата педагогĕ И. Я. Яковлев акă мĕн çырнă: «Дисциплина учащихся зависит не от того, что учитель строг, кричит на учащихся и наказывает их, а от того, на какую высоту поставил себя учитель перед учениками... Будьте справедливы к ученику. Надо помнить то, что ученик Ваш вырастет и может в жизни стать рядом с Вами, и, если к нему были несправедливы, Вам будет стыдно. Сейте доброе, разумное—спасибо скажет Вам русский народ, а нам—чувашский народ».

Çакă вăл питĕ те тĕрĕс.

П. АРХИПОВ,
Чурачăкри вăтам шкул, чăваш чĕлхипе литература преподавателĕ.

### *Наука çитĕнĕвĕсене ялхуçалăхне анлăн кĕртсе пырар!*

# Кĕрхи тырăсене малта пыракан агротехникăна пурнăçласа акмалла

Кĕрхи тырăсене вăхăтра тата тĕрĕс акса хăварни вĕсене хĕл лариччен лайăх аталанса юлма, ăнăçлă хĕл каçма май парать. Ыраштпа тулă кĕркунне мĕн чухлĕ вăйлăрах тĕмленсе юлнинчен вĕсем хĕллехи çанталăка чăтăмлăрах тӳссе иртерессĕ, суркунне хăвăртрах аталанма тытăнасси килет. Вăхăтра тата тĕрĕс акмасан, кĕрхи тырăсем çителĕксĕр аталанса юлаççĕ, хĕл сиввисене начар тӳссе иртереççĕ, сайралса юлаççĕ, çуркунне çумкурăк айне пулаççĕ.

Кĕрхи тырăсем вăйлă аталанса ӳсчĕр тесен, тăпрана тĕрĕс ĕçлесе çемçетни, вырăнти тата минераллă удобренисемпе çителĕклĕ таран усă курни, чи лайăх сортлă вăрлăх акса хăварни кирлĕ. Анчах та, опыт кăтартса панă тăрăх, пысăк тухăçлă кĕрхи тырăсем çитĕнтерме çавсем кăна çителĕксĕр-ха. Çакна асра тытмалла: ӳсентăрансем тăпрари нӳрĕпе, тутлăхлă япаласемпе пĕтĕмпех усă курччăр, сывлăшран углекислота лайăххăрах илсе тăччăр тесен, вĕсем валли кĕркунне тата çулла хĕвеллĕ ăшă кунсем çителĕклĕ таран кирлĕ. Çавна акана вăхăтра иртерсе кăна пурнăçлама пулать. Кая юлса аксан, кĕрхи тырăсем хĕл каçнă вăхăтра нумай пĕтеççĕ. Агрофон лайăх пулсан та вăхăтра акса хăварнăн ыраштпа тулă çителĕклĕ тĕмленсе юлма, хĕл сиввисене тӳссе иртерме пулăшакан углеводсем тата органически япаласем кирлĕ чухлĕ хатĕрлеме ĕлкĕреймеççĕ.

Кĕрхи тырăсем акмалли вăхăт тĕрлĕ пулать. Вăл çĕршыври районсен климат условийĕсенчен килет. Кĕркунне мĕн чухлĕ кĕскерех, çавăн чухлĕ кĕрхи тырăсене иртерех акса хăвармалла. Акă, сăмахран, хура тăпраллă мар тăрăхăн сурçĕр пайĕнче акана августăн малтанхи пайĕнче иртермелле. Чăваш республика валли чи лайăх ака вăхăчĕ августăн 5-мĕшĕпе 20-мĕшĕ хушшинчи кунсем пулаççĕ.

Опытсенчен çакă курăнать: ыраштпа тулла кăтартса панă вăхăтран маларах акса хăварни кая юлса акнинчен нумай лайăхрах. Колхоз руководителĕсем часчасах: кĕрхи тырăсене çанталăк условийĕсем начар пулнă пирки вăхăтра акса хăвараймастпăр теççĕ. Кĕркунне типĕ килсен çумăр кĕтеççĕ, çумăр çусан—тăпра сăрхăнасса кĕтсе лараççĕ. Çапла шутланипе пĕрре те килĕшсе лармалла мар. Йăлтах тепĕр майлă, типĕ çанталăк тăнă чухне мĕн май килнĕ таран иртерех акмалла.

Хăшпĕр чухне çапла шутлаççĕ: ир акнă кĕрхи тырăсем кĕпçене лармa пултараççĕ, хĕле тӳссе иртерейместĕ, теççĕ. Ку вăл тĕрĕс мар. Ыраштпа кĕрхи тулă пĕчĕкрех температура тӳссе иртермесĕр яровизаци стадинче пулмаççĕ, пуç кăлармаççĕ. Анчах асра тытас пулать: кĕркунне ăшă тата нӳрлĕ пулнă чухне ытлашши ир аксан, кĕрхи тырăсем питĕ вăйлă ӳссе каяççĕ. Нӳрĕпе калча çĕрме пултаракан вырăнсенче ытлашши ир акни ыраштпа кĕрхи тулла хĕл каçма хытă кансĕрлет.

Тулăпа ыраша пусă çаврăнăшĕнче тĕрĕс вырнаçтарни пысăк вырăн йышăнать. Кĕрхи тулă валли, ыраштпа танлаштарсан, тутлăхлă япаласем илсе тăма условисем лайăххăрах туса памалла. Тулă йӳçĕк тăпрана чăтма пултараймасть, вăл хăйăрлă тăпрана та юратмасть, ăна ытлашши нӳрĕ тăракан айлăмлă вырăнсене те акма юрамасть. Тулла чи лайăх, кĕрпеклĕрех тăпраллă пусăсене акмалла, унта удобренисем çителĕклĕ пулмалла, çумкурăксем пулмалла мар. Хура çĕртме тунă пусăсене чи малтан кĕрхи тулă акмалла.

Пĕр-пĕр ялхуçалăх культури акса тунă çĕртме пуссинче те пысăк тухăçлă тулă çитĕнме пултарать, анчах та кун пек чухне агротехникăна уйрăмах тĕрĕс пурнăçласа пымалла. Чи малтан удобрени кирлĕ таран кăлармалла.

Пысăк тухăçлă тырпулшăн кĕрешес ĕçре сортсене тĕрĕс суйласа илни, вăрлăх пахалăхлă пулни питĕ паллă вырăн йышăнать. Вăл пур енĕпе те кондицилле пулмалла, унăн абсолютнăй виçи (1.000 пĕрчĕ виçи) пысăк пулма кирлине те асра тытмалла.

Кăçалхи вăрлăха акас пулсан, ăна 3—5 кун хушши сывлăшра хĕвелпе ăшăтмалла, çавăн пек чухне ӳсентăран тикĕс шăтса тухса аталанать. Вутпуççисемпе е тата ытти чирсемпе чирлесрен тулă вăрлăхне гранозанпа е унăн АБ, ПД препарачĕсемпе имçамлаççĕ. Пĕр центнер вăрлăх валли гранозанăн АБ препаратне—200 грамм, ПД—100 грамм илеççĕ. Ырашăн тунари тата хытă вутпуççийĕсене гранозанпа имçамласа пĕтереççĕ. Тулла нумай çул ӳсекен курăксем хыççăн акнă чухне проволочниксем тĕл пулаççĕ пулсан, вăрлăха гексахлофинпа хутăштараççĕ (пĕр центнер вăрлăх валли пĕр килограмм гексахлофин кирлĕ).

Вăрлăх акмалли нормăна тăпрапа климат условийĕсене тата уй-хир тасалăхне кура тăваççĕ. Çав норма пĕр колхозрах е совхозрах тĕрлĕ пусăсенче тĕрлĕ пулма пултарать.

Ыраш кĕрхи тулăран вăйлăрах тĕмленет, унăн пĕрчисем тулă пĕрчисенчен вĕтĕрех. Çавăнпа та ыраш вăрлăхне гектар пуçне, тулăпа танлаштарсан, 20—30 килограмм сахалтарах акаççĕ. Вăрлăха пысăкрах нормăпа (кĕрхи тулла гектар пуçне 200—220 килограмм, ыраша 170—180 килограмм таран) хура тăпраллă мар тăрăхра акаççĕ. Шултра вăрăллă сортсен (сăмахран, тулăпа шурути гибричĕ) норми те пысăкрах пулмалла, çумкурăклă участоксенче те вăрлăх виçине ӳстерсе акни кирлĕ. Пысăкрах нормăна аксан кĕрхи тулă тухăçлăрах пулать, анчах çакна шута илмелле: тăпрара нӳрĕ çителĕксĕр чухне е типĕ çанталăк условийĕсенче ытлашши йăвă акнă тулă пысăк тухăçлăх параймасть. Тăпрана удобренисемпе лайăх çемçетсе йăвă акнă пусăсенче тулă тухăçлăхĕ вăл выртнипе чакма пултарать. Нӳрĕ тата тутлăхлă япаласем çителĕклĕ чухне кĕрхи тырăсем хытă тĕмленеççĕ, йăвă ӳссе çитĕнеççĕ, выртакан пулаççĕ. Çавăнпа та ĕнтĕ кĕрхи тырăсене пĕр-пĕр ялхуçалăх культури акса тунă çĕртме пуссине тата удобренисем сахал кăларнă вырăнсене йăвăрах акмалла, мĕншĕн тесен вĕсем ун пек участоксенче начартарах тĕмленеççĕ.

Акас умĕн тăпрана тĕрĕс ĕçлесе çемçетни вăрлăха пусăрăнса хытнă сие акса пыма, ăна кăпăшка тăпрапа витсе пыма май парать. Çакна яланах асра тытмалла: акма тухас чухне пусса тарăн кăпкалатма, уйрăмах тепĕр хут сухалама кирлĕ мар, мĕншĕн тесен тăпра пусăрăнса ĕлкĕреймест, çавна пула кĕрхи тырăсем хĕллехи çанталăка япăх тӳссе иртереççĕ. Кĕрхи тулă пирки çавна уйрăмах манма юрамасть.

Акма пуçлас умĕн тăпрана юлашки хутĕнче вăрлăх акмалли тарăнăш культиваци анчах тумалла. Ун хыççăн çийĕнчех акма тытăнмалла. Кĕрхи тырăсене акма пусса лайăх тикĕслесе пусăрăнтармалла, унсăрăн калча ула-чăла шăтса тухма пултарать.

Акас умĕн пусса ытлашши сӳрелени те сиенлĕ. Тăпрана вĕтетсе тусанлантарса ярсан, çумăрсем çунă хыççăн хытă сий пулма пултарать. Акнă хыççăн сӳрелессинчен те асăрханмалла. Кĕркунне типĕ вăхăтра тăпрана катокпа пусăрăнтарни питĕ усăллă, вăл аялти сийсенчи нӳрĕке çиеле хăпарма, вăрлăха пĕр тикĕс акса хăварма пулăшать. Кĕрхи тырăсене нумай çул ӳсекен курăксем хыççăн, пĕр-пĕр ӳсентăран акса тунă çĕртме пуссине е çĕртме туман уя, çавăн пекех пусса тепĕр хут, сăмахран, хура тăпраллă мар тăрăхра çĕрулми уйне сухаланă хыççăн акнă чухне катокпа усă курни уйрăмах кирлĕ.

Акиччен те, акнă вăхăтра та удобренисем кăларни пысăк тухăçлă кĕрхи тырăсем туса илме кирлĕ майсенчен пĕри пулать. Чи малтан удобренисемпе вăрлăхлăх хăваракан участоксене çемçетмелле. Тутлăхлă япаласем çителĕклĕ хатĕрлесе пани тухăçлăха ӳстернипе пĕрлех, вăрлăх пахалăхне те лайăхлатать.

Чылай районсенче кĕрхи тырăсем çине нумай çул ӳсекен курăксем акса хăвараççĕ. Çавна шута илсе, фосфорлă тата калиллĕ удобренисем ытларах кăларма тăрăшмалла.

Кĕрхи тырăсене пĕр-пĕр ӳсентăран акса тунă çĕртме пуссине е çĕртме тумасăр акнă тырăсем хыççăн акаççĕ пулсан, культиваци тунă чухне çеремлĕ-кĕллĕ тата шупка вăрман тăприсем çине кашни гектар пуçне 60—80 килограмм аммиак селитри кăларни питех те усăллă.

Фосфорно-кислăй удобренисем кирек мĕнле условисенче те кĕрхи тырăсене лайăххăрах хĕл каçма, вĕсен тухăçлăхне ӳстерме пулăшаççĕ. Кашни гектар пуçне акнă вăхăтра ретсем тăрăх 50—70 килограмм пĕрчĕленĕ суперфосфат сапсан, пысăк тухăçлă тăпра çинче те кĕрхи тырăсем кашни гектартан 2—4 центнер ытларах тухаççĕ. Пĕрчĕленĕ суперфосфата, пĕрле акмалла пултăр тесе, акма тытăннă чухне вăрлăхпа хутăштараççĕ. Çав йĕркене пачах та пăсма юрамасть. Маларах, сăмахран, акиччен пĕр талăк маларах хутăштарса хуни те вăрлăхăн шăтаслăхне чакарать.

Пĕрчĕлетмен суперфосфата акас умĕнхи культивацичен çĕрĕк тăприпе е торф тĕпренчĕкĕсемпе хутăштарса кăлараççĕ. Кун пек чухне, удобрение ретсене сапнипе танлаштарсан, суперфосфат норми икĕ хут ытларах пулмалла.

Иртнĕ çулсенчи опытсем ансăр ретпе тата хĕреслĕ майпа акни усăллăрах пулнине çирĕплетсе параççĕ. Икĕ меслечĕ те ӳсентăрансене пусăра лайăххăрах вырнаçтарса тухма, çумкурăксемпе ăнăçлăрах кĕрешме май параççĕ. Çав çĕнĕ майсем кашни гектартан 2—2,5 центнер ытларах кĕрхи тырăсем туса илме пулăшаççĕ. Ансăр ретпе акнă чухне, сарлака майпа акнă чухнехипе танлаштарсан, икĕ хутчен акса вăхăт иртермелле пулмасть. Çав меслетпе малашне ытларах акмалла. Ансăр ретпе акма «СУБ-48» йышши сеялкăсемпе туллин усă курас пулать, йĕтĕн акса тăвакан районсенче йĕтĕн сеялкисемпе те усă курмалла. Ансăр ретлĕ сеялкăсем çук çĕрте МТС-сем ахаль сеялкăсенчен тунă агрегатсемпе те ăнăçлăнах усă курма пултараççĕ.

Кĕрхи тырăсем пĕтĕмпех шăтса тухасси, калча ăнăçлă хĕл каçасси вăрлăха мĕн тарăнăшне акнинчен те нумай килет. Хура тăпра çинче кĕрхи тулла вăтам шутпа 6—7 сантиметр, çеремлĕ-кĕллĕ тăпра çинче 4—6 сантиметр тарăнăшне акмалла. Ыраш вăрлăхне хура тăпра çинче 4—5, çеремлĕ-кĕллĕ тăпра çинче 3—4 сантиметр тарăнăшне акаççĕ. Çăмăл тата кĕрпеклĕ тăпра çине, çанталăк типĕ пулсан, вăрлăха тарăнрах акни лайăххăрах. Йывăр тата кĕрпексĕр, нӳрĕ нумай тăпра çине вăрлăха кăшт ăшăхрах акса пыраççĕ.

Пирĕн ялхуçалăхĕ хăватлă техникăпа пуян. Кĕрхи тырăсене чи лайăх вăхăтра, пысăк пахалăхпа акса, хăварма, вăйлă тырпул туса илме пур майсем те çителĕклĕ.

Н. СОКОЛОВ,
профессор.

# Хамăр республикăра

*Чăваш АССР Министрĕсен Советĕнче*

## Ял Совечĕсен иккĕмĕш кварталти социализмла ăмăртăвĕн итогĕсем çинчен

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ ял Совечĕсен кăçалхи иккĕмĕш кварталти социализмла ăмăртăвĕн итогĕсене пăхса тухнă. Ăмăрту итогĕсем тăрăх, Улатăр районĕнчи Иваньково-Удельновски, Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Шуркасси, Елчĕк районĕнчи Аслă Пăла Тимеш ял Совечĕсем мала тухнине палăртнă.

Елчĕк районĕнчи Аслă Елчĕк, Натрекел, Вăрнар районĕнчи Вăрманкас, Сĕрпÿ районĕнчи Рынка, Йĕпреç районĕнчи Кировски, Канаш районĕнчи Вырăскас Пикшик, Яманкасси, Янкăлч, Вăрмар районĕнчи Анаткас, Етĕрне районĕнчи Стрелецки ял Совечĕсем лайăх ĕçленине палăртнă.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ райсовет исполкомĕсене ял Совечĕсен ăмăртăвне малалла вăйлатса пыма, колхозлă ял ĕçченĕсене тырпула кĕске срокра тата пĕр тăккаламасăр пухса кĕртме, государствăна тырă тата ялхуçалăх продукчĕсем памалли плана срокчен пурнăçлама, колхозсене кирлĕ чухлех вăрлăх хатĕрлеме пулăшма хушнă. Ял Совечĕсен колхозсене кĕрхине хăвăрт тата агротехника правилисене çирĕп пурнăçласа ирттерме, выльăх-чĕрлĕх фермисене хĕле лайăх хатĕрлесе çитерме, обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ хатĕрлеме пулăшмалла, Финанс планне вăхăтра тултарма, заем укçине пухма, шкулсене çĕнĕ вĕренÿ çулне лайăх хатĕрлесе çитерме, çавăн пекех сывлăх учрежденийĕсене, вулав çурчĕсемпе библиотекăсене йĕркеллĕ ĕçлеме кирлĕ условисем туса пама ĕçсыннисене мобилизацилемелле.

## Строительство ĕçĕсен пахалăхне лайăхлатмалла

Паха, илемлĕ çуртсем чуна савăнтараççĕ. Çавăнпа çуртсене çавăн пек тăвас пулать.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче республикăра паха çуртсем, шкулсем, ача сачĕсем сахал мар туса лартнă. Шупашкарти Карл Маркс урамĕпе Ленинградская урамра туса лартнă пысăк çуртсем хулана илем кÿреççĕ. Анчах çакна палăртас пулать: нумай стройкăсен руководителĕсем техникăлла условисене час-часах пăсаççĕ, çуртсене илемлĕ тума, проектра палăртнă ĕçсене пурне те туса çитерме тăрăшмаççĕ.

Шупашкарти электроаппаратура тăвакан заводра ĕçлекен рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем ача сачĕн çуртне тума палăртнишĕн хытă савăннăччĕ. Çак çурта иккĕмĕш строительствăпа монтаж кантурĕ (начальникĕ Юдкевич юлташ) турĕ. Кантур руководителĕсем плана хисеп енĕпе тултарассишĕн çеç тăрăшаççĕ. Çурт стенисем тикĕс мар, карнизсем чалăш, вентиляци çук, прачечнăй туман. Уйрăмах санитари условийĕсене лайăхлатма пулăшакан ĕçсене япăх тунине палăртас пулать. Асăннă çитменлĕхсем пур пулин те завод дирекцийĕ çурта туса пĕтернĕ тесе йышăннă. Çурта туса пĕтермесĕр йышăннине Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ сивлерĕ, завод дирекцийĕпе строительствăпа монтаж кантурне çурта лайăх тирпейлесе çитерме хушрĕ. Унтанпа çур çула яхăн çитет. Апла пулин те Юдкевич юлташ правительство кăтартса панисене пурнăçлама тăрăшмасть.

Кантур Карл Маркс урамĕнче общежити çуртне тăвать. Кунта та пахалăхшăн кĕрешмеççĕ, техникăлла условисене пăсаççĕ, тимĕрпе бетон конструкцийĕсем япăх.

Техникăлла проектсене е условисене пăснă тĕслĕхсем те тĕл пулаççĕ. Шупашкарта художниксен çуртне тăваççĕ. Çак çуртăн пÿлĕмĕсене тата тулашне проектра палăртнă пек туман.

Çирĕплетнĕ проект — строительсемшĕн закон. Çав проекта ăна çирĕплетнĕ органсем çеç улăштарма пултараççĕ. Техникăлла документсене тĕрĕс мар йĕркепе улăштарни брак тăвасси, строительство хакне ÿстересси патне çеç илсе пырать.

Проект туса хатĕрлемесĕр çуртсем лартассине чылай çĕрте пĕтермен-ха. Илемлĕ мар хÿме, япăх склад, тĕрĕс мар вырнаçтарса лартнă нумай хваттерлĕ çурт урам е площадь сăнне илемсĕрлетеççĕ. Уйрăмах садсем, скверсем е стадионсемпе физкультура площадкисем уçнă чухне проектсем тăвас йĕркене нумай пăсаççĕ.

Строительство пахалăхне лайăхлатасси тĕрĕслесе тăнинчен нумай килет. Республикăри кашни стройкăрах тенĕ пекех çав енĕпе ĕçлекен работниксем пур. Вĕсем проектсене пурнăçланине куллен тĕрĕслесе тăма, çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтерсе пыма тивĕçлĕ. Çавăн пекех Шупашкарти тата ытти хуласенчи архитекторсен те хăйсен пуçарулăхне ÿстермелле, стройкăсенчи çитменлĕхсене пĕтерме ытларах пулăшмалла.

Чылай стройкăсенче рабочисене техникăна вĕрентес ĕçе йĕркелемен, стахановла шкулсем уçман, производствăлла канашусем вăхăтра ирттермеççĕ. Уйрăмах çамрăк рабочисене механизмсемпе ĕçлеме вĕрентесси çине тимлĕ пăхни кирлĕ. Агитаторсемпе пропагандистсем, мастерсемпе десятниксем çуртсен пахалăхне лайăхлатнин пĕлтерĕшĕ çинчен рабочисене куллен тата тĕплĕн ăнлантарса пама тивĕçлĕ. Брак тăвакансене, пахалăхшăн кĕрешмен çынсемпе руководительсене çийĕнчех тăрă шыв çине кăлармалла, айăплисене тивĕçлĕ ответ тыттармалла.

Кашни строитель çакна пĕлсе тăтăр: япăх тунă çурт хăвăрт юрăхсăра тухать, государствăна пысăк сиен кÿрет. Кирпĕч, бетон, кăмака хывас, çуртсене витес, штукатурка тăвас ĕçе проектра е техникăлла условисенче кăтартнă пек тумасан, çав ĕçе пăсса çĕнĕрен тума, вăхăт ытлашши нумайрах пĕтерме тивет.

**А. МИХАЙЛОВ,**
**Чăваш АССР Государствăн архитектурăпа строительство контролĕн начальникĕ.**

### ВЫРĂНТИ ЧĔРТАВАРПА УСĂ КУРАÇÇĔ

Улатăр районĕнчи промкомбинат коллективĕ, вырăнти чĕртаварпа туллин усă курса, халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине çулсерен ÿстерет. Пĕрремĕш çурçуллăхри задание урапа-çуна тăвас енĕпе 150 процента яхăн, каткапичке тăвас енĕпе 200 процента яхăн пурнăçланă. Уйрăмах смала тата тикĕт тăвас тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿ тунине палăртас пулать. Вăл задание промкомбинат ултă хут ирттерсе пурнăçланă. Тикĕт тата смала туса кăларма тунката чылай хатĕрленĕ.

Райпромкомбинат коллективĕ çур çулхи плана ирттерсе тултарнипе лăпланса лармасть, çулталăкри производство заданине Сталинла Конституци кунĕ тĕлне пурнăçлассишĕн, ĕçсыннисен ыйтăвĕсене лайăхрах тивĕçтерессишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешет.

**Н. АННЕНКОВ.**

## Çĕнĕ çу завочĕсем

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра пирĕн республикăра сĕт-çу промышленноçĕ вăйлăн аталанса пырать. Халĕ Шупашкарта механизациленĕ пысăк çу завочĕ тăваççĕ. Хĕрлĕ Чутайри, Первомайскинчи, Пăрачкаври, Октябрьскинчи тата ытти районсенчи çу завочĕсене механизациленĕ.

Нумай пулмасть Канаш хулинче механизациленĕ пысăк çу завочĕ туса пĕтернĕ. Завод çулталăкне виçĕ пин тонна ытла çу кăларать. Пĕтĕм ĕçе механизациленĕ май, хăймаран 45 минут хушшинче çу туса кăлараççĕ. Çусăр пуçне, завод типĕтнĕ сĕт, мороженăй туса кăларать. Канаш, Шăхасан тата Тăвай районĕсенчи сепаратор пункчĕсенчи сĕте завода автоцистернăпа илсе пыраççĕ. Хатĕр продукцие усрама пысăк холодильник туса лартнă.

## Пионерсем герой ялĕнче

ЕТĔРНЕ. Кунти Етĕрне ялĕнче пурăнакан пионерсем, походсемпе экскурсинче тăтăшах пулаççĕ. Çак кунсенче пионерсем Совет Союзĕн Геройĕ А. Т. Якунин çуралнă Чаканар ялĕнче пулчĕç. Пионерсем герой тăванĕсемпе калаçрĕç, вăл вăрçă хирĕнче тунă паттăр ĕçсем çинчен тĕплĕн ыйтса пĕлчĕç.

А. Якунин 1918 çулта çуралнă, çара каяс умĕн Элĕк районĕнче агроном пулса ĕçленĕ. Отечественнăй Аслă вăрçă çулĕсенче пĕрмай çапăçу хирĕсенче пулнă, паттăрлăх кăтартнă. 1945 çулта апрель уйăхĕнче Совет Çарĕ Берлин çывăхĕнче çапăçнă чухне паттăр боец йывăр аманнă, çапла вара госпитальте вилсе кайнă.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ тăрăх, Алексей Тимофеевич Якунина Совет Союзĕн Геройĕ ятне панă.

Пионерсем геройăн ача чухнехи пурнăçĕпе паллашрĕç, вĕренÿре çĕнĕ ÿсĕмсем тума сăмах пачĕç.

**И. НИКИТИН.**

## *Учительсен курсĕ*

Июлĕн 2—30-мĕшĕсенче Шупашкарта учительсен пĕлĕвне ÿстерес тĕлĕшпе ĕçлекен институт çумĕнче 7—10-мĕш класcенче химипе биологи вĕрентекен преподавательсен курсĕ пулса иртрĕ.

Курсра 58 учитель пулчĕ. Вĕсем марксизм-ленинизм теорийĕн ыйтăвĕсем тăрăх, педагогика, Павлов вĕрентĕвĕ, хими тата хими вĕрентмелли методикăпа практикăлла эксперимент ыйтăвĕсем çинчен лекцисем итлерĕç.

Учительсем хулари фабрикăсемпе заводсенче, опытлă участоксенче экскурсире пулчĕç.

**А. СОТНИКОВ.**

## Торфпа усă кураççĕ

КАЛИНИНО. Пуканкасси ялĕ çумĕнче улăх сарăлса выртать. Унта торф нумай. «Волга» колхозра çак торфпа анлăн усă кураççĕ. Тислĕкпе торф хутăш тăкнă участоксем çинчен сурхи тулă гектартан 29—30 центнер таран пухса кĕртеççĕ. Ялхуçалăх ĕçченĕсем уй-хире торф ытларах кăларма тăрăшаççĕ.

Çитес хĕлле обществăлла çуртсене хутса ăшăтнă çĕрте торфпа усă курма палăртнă.

**В. АНИСИМОВ.**

Шупашкарти пир-авăр комбиначĕ ÿссех пырать. Халĕ кунта çип арламалли корпуса туса пĕтерсе ĕçе янă, çитес вăхăтсенче пир тĕртмелли корпуса туса пĕтереççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: __ пир-авăр комбиначĕн çип арламалли корпусĕ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Колхозлă Именкассинче

Пирĕн колхоз «Путь Ленина» ятлă. Сĕрпÿрен Красноармейскине каякан шоссе çулĕпе яла пырса кĕнĕ чухне, сылтăм енче, çырма хĕррипе улмуççи, груша, чие тата çырла йывăççисем ретĕн-ретĕн йăрăмланаççĕ. Ку—колхоз сачĕ. Вăл 7 гектар йышăнать. Ĕлĕк ку вырăнта, мăяппа пиçенсĕр пуçне, нимĕн те шăтса ÿсмен. Халĕ колхоз садран çулсерен вуншар пин тенкĕ тупăш илет.

Ялăн чылай пысăк пайне колхозăн обществăлла çурчĕсем йышăнаççĕ. Кунта колхоз правленийĕ, радиоузел, фермăсенче ĕçлекенсен пурăнмалли çурчĕсем, автомашина гаражĕ, водопроводăн шыв пухакан станцийĕ. Улăх еннелле пĕр рет обществăлла выльăх-чĕрлĕх фермисен çурчĕсем тăсăлаççĕ. Стандартлă виçепе тунă витесенче таса та çутă. Пĕтĕмпе 9 вите. Фермăсенчи выльăх-чĕрлĕх ăрачĕ çултан-çул çĕнелсе лайăхланать.

Колхозăн çĕр лаптăкĕ 1.438 гектар шутланать. Вăл шутран кăçал акнă ыраш тата çурхи тырăсем пин гектар ытла йышăнаççĕ. Кăçал тырă вăйлă пулчĕ.

Колхозлă Именкасси ялĕ социализм хăвачĕпе тĕпрен çĕнелчĕ, илемленчĕ. Унăн сăнĕ кăнтăрла та, çĕрле те çутă. Урамсене, ферма çурчĕсене, колхозниксен килĕсене Ильич ламписем çутатаççĕ. Колхоз арманĕсем, тырпул пухса кĕртнĕ вăхăтра итемсем çинчи машинăсем Мăн Çавал синчи ГЭС вăйĕпе çавăрнаççĕ. Кашни килте радио итлеççĕ. Хулари пекех, теççĕ час-часах ватă колхозниксем, ирхине 7 сехетре колхозри радиоузел ĕçлеме пуçласан.

Революциччен ялта çырма-вулама пĕлекенсем пурĕ те 14 çын кăна пулнă. Вĕсен шутĕнче пĕр хĕрарăм пулнă. Ялĕпе тенĕ пекех трахома чирĕпе хĕн курнă. Халĕ ялта хут пĕлмен çын çук. Колхозлă ялăн интеллигенцийĕ йышлă. Ялта аслă шкултан вĕренсе тухнисем 18 çын, вăтам шкулсенчен вĕренсе тухнă çынсем 76, трактористсем—14, комбайнерсем—4, агрономсем—7, электромеханиксем—5, шоферсем—8. Хальхи вăхăтра аслă тата вăтам шкулсенче 200 çынна яхăн вĕренет.

Ялта вăтам шкул, вулав çурчĕ, библиотека, клуб, кино, фельдшерсен пункчĕ, кооператив магазинĕ пур.

Колхозниксемпе ялти интеллигенци хăйсен пĕлĕвне марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕпе тата малта пыракан социализмла ялхуçалăх ăслăлăхĕпе пуянлатса пыраççĕ. Колхозри пуçламăш парторганизаци çумĕнче парти историне вĕренмелли кружок тата политшкул ĕçлерĕç. Чылай колхозниксем виçĕ çуллăх агротехникăпа зооветеринари курсĕсенче вĕренчĕç.

Агитколлектив, ялти лектори колхозниксем валли тăтăшах лекцисемпе докладсем тата калаçусем ирттереççĕ.

Колхозниксем килĕрен тенĕ пекех тĕрлĕрен хаçат-журналсем çырăнса илеççĕ. Чылайăшĕн килĕсенче библиотека пур.

«Путь Ленина» колхоз ĕçченĕсем хальхи вăхăтра партин XIX-мĕш съезчĕ социализмла ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăсене пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешеççĕ. Кĕрешÿ пуçĕнче—колхозри пуçламăш парторганизаци. Коммунистсем колхоз хуçалăхĕн ответлă вырăнĕсенче ертсе пыраççĕ. Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине вăйлатас тĕлĕшпе чылай пысăк ĕçсем тунă. Çĕнĕ витесем лартнă, водопровод тунă, кормокухня ĕçлет. Выльăх апачĕ валли уйăрнă викăпа тимофеевка курăкне çулса типĕтнĕ. Çаран утине икĕ хут çулса илме палăртнă.

Тырпул пухса кĕртме колхоз тата уй-хир бригадисем ĕç планĕсем тунă, колхозниксен пухăвĕнче çирĕплетнĕ. Ыраша 7 кунта, çурхи тырăсене 14 кунта пухса кĕртме палăртнă. Колхоз вырма тухнă малтанхи кунсенчех авăн çапма, государствăна тырă пама тытăнать. Уй-хир бригадисем МТС трактор бригади пулăшнипе чылай ĕçе машинăсемпе тăваççĕ. Тырпул пухса кĕртес ĕçре 1 самоходнăй комбайн, 4 жнейка, 4 молотилка, 1 автомашина, тырă тасатмалли машинăсем 7 пулаççĕ. Икĕ итем çинче молотилкăсене ГЭС вăйĕпе ĕçлеме хатĕрленĕ.

Тырпул пухса кĕртнĕ вăхăтра колхозра столовăй тата пĕчĕк ачасем валли ясли пулать.

**А. ГУРЬЕВ.**

## КĔСКЕН

ВĂРМАР. «Броневик» ялхуçалăх артелĕнчи строительство бригади (бригадирĕ Ф. Кузьмин юлташ) кÿршĕри Чапаев ячĕпе тăракан колхозри строительсен бригадипе ăмăртса ĕçлет. Бригада çак кунсенче кайăк-кĕшĕк вити туса пĕтерет. Сыснасемпе путексем валли витесем тума тытăннă.

**П. ВАСИЛЬЕВ.**

## Пулас художниксем

Вĕренÿ çулĕ пĕтсенех Шупашкарти художество училищине пысăк пакетсемпе бандерольсем килме пуçларĕç. Художник пулма ĕмĕтленекен çамрăксем документсемпе пĕрле училищăна хăйсен малтанхи ÿкерчĕкĕсене ярса параççĕ. Сĕр ытла заявлени, çавăн чухлех тĕрлĕ ÿкерчĕксем. Вĕсене ачасем пионерсен çурчĕсенче, кружоксенче е классенче вĕренсе тунă. Совет çыннисен пархатарлă ĕçне, тулăх пурнăçне, ачасен савăнăçлă кун-çулне кăтартакан темĕн тĕрлĕ ÿкерчĕксем.

— Малтанах каламалла: пултаруллă çамрăксем килеççĕ пирĕн патă кăçал,—тет училище директорĕ П. Григорьев художник.

Кăçал училищăна 30 çамрăка вĕренме илмелле. Августăн 1-мĕшĕ тĕлне 100 заявлени панă. Вĕсем хушшинче тĕрлĕ республикăсенчен — Вăтам Азирен, Украинăран, Ульяновск, Мурманск облаçĕсенчен тата ытти çĕртен те пур.

Августăн 1-мĕшĕнче кунта ÿкерчĕк тăвас тата живопись енĕпе экзаменсем пулчĕç.

Кăçал училищăран 11 художник вĕренсе кăларнă. Вĕсенчен пĕри Ленинграда художество академине вĕренме кайнă. Ыттисем Чăваш, Мордва республикисене, Чкаловски облаçа ĕçлеме кайнă.

## Çамрăк специалистсем

Сĕрпÿри педагогика училищинче учительсем, пионер вожатăйсем тата шкул çулне çитмен ачасен учрежденийĕсенче ĕçлекен работниксем хатĕрлекен уйрăмсенчен иртнĕ вĕренÿ çулĕнче пурĕ 83 çамрăк вĕренсе тухрĕ.

Çамрăк специалистсем Сĕрпÿри тĕрлĕ хуласемпе облаçсене ĕçлеме каяççĕ. Отлично паллăсемпе вĕренсе тухнă Валентина Сергеевăпа унăн тантăшĕсем пурĕ 5 çын Узбек ССР-ĕнчи шкулсене кайма кăмăл тунă.

Вĕренсе тухнисен пĕр ушкăнĕ Хĕвелтухăç Казахстана, Куйбышев облаçне тата хамăр республикăри шкулсене, ача учрежденийĕсене ĕçлеме каять.

Училищăна кăçал çĕнĕрен 90 çын илмелле. Халĕ 200 çынна яхăн, хăйсене вĕренме илме ыйтса, заявлени панă.

**Н. ВОЛКОВ.**

# Эсĕ йăнăшатăн...

КАЛАВ

— Çамрăксем, эсир кирек-мĕнле çулпа утсан та, яланах халăхпа пĕрле пулăр. Сире халăх çитĕнтернĕ, эсир те уншăн ĕçлĕр. Пурнăç çулне суйласа илнĕ чух ан йăнăшăр,—йăнăша тÿрлетме ансатах мар. Çын хăйĕн профессине кашни çулах улăштарса тăма пултараймасть, çавăнпа ăна малтанах тĕрĕс суйласа илме пĕлмелле. Ĕçе юратсан—пур ĕç те лайăх, хисеплĕ.

Петя директор сăмахĕсене аса илсе пынă. Лида чĕнмен.

«Мĕнле кăна професси çук пуль! Пурин çинчен пĕлсе те пĕтерейĕмĕн. Халĕ суйла ĕнтĕ. Анчах эпир пĕр ĕç çинчен тахçанах пĕлетпĕр. Вăл—Мичурин пек пуласси. Эпир Лидăпа Мичурин сачĕсенче пулса курнă. Пĕтĕм çĕршывĕпех çавăн пек садсем чĕртесчĕ, уй-хирсенче, Лысенко хушнă пек, туратлă тулă кашласа ÿстĕрччĕ. Халиччен хăйарлă çилсем кăна кашланă пушхирсене те ешĕллетесчĕ. Çитĕнсессĕн шухăшсем те пысăк мĕн...»—шухăшланă Петя, Лидăпа юнашар аллея тăрăх утса.

Каçхи парк шавлă пулнă. Çамрăксем кулли, юрлани илтĕнсе тăнă, çуллахи театрта пыракан кинори хитре музыка янранă, ташламалли площадка енче, лăпкă шыв хумĕсем евĕр, вальс кĕвви юхнă... Аллейăн икĕ айккинче хура стена пек ÿссе ларнă топольсен пĕрлешнĕ тÿпийĕ шултра ала пек курăннă, ун лешенче—тÿпере — çăлтăрсем йăлтăртатнă, тăтăкăн-тăтăкăн пайланса пĕтнĕ пек курăнакан тулли уйăх шунă.

Петя паян парка килме те шутламан пулнă, анчах Лида чĕннине ытарайман. Халиччен вĕсем иккĕш кăна театрсене те, парка та çÿремен, юнашар утнă чухне те пĕрне-пĕри хулран тытман,—вăтаннă пуль,—анчах паян вĕсем, хăйсем те сисмен, пĕрне-пĕри хулран тытса, урасене хăрăс пусса утнă. «Çитĕнсен çапла çÿреççĕ»,—тенĕ Лида Петя çине ăшшăн пăхса.

Çул çинче Петя ялхуçалăх институчĕ çинчен калаçнă, анчах Лида ăна хирĕç пĕр сăмах та чĕнмен. Парка пырса кĕнĕ чухне кăна вăл Петяна чарăнса тăма ыйтнă, хăйсене хирĕç васкаса утса килекен пĕр хĕр çине сăнаса пăхма сĕннĕ.

— Эсĕ палларăн-и ăна?—ыйтнă вăл савăнăçлăн, хитре тумланнă хĕр куçран сухалсан.

— Çук,—тенĕ Петя.

— Эх, эсĕ... Вăл актриса, ăна пĕтĕм хула паллать. Тумланасса та мĕнлерех тумланнă вăл...

Петя çавăнтах шкулта экзаменсем умĕн кăна тухнă стена хаçачĕ çинчен аса илчĕ. Унта Лида çинчен те çырнăччĕ... «...Лидия Иванова час-часах филармоние çÿреме пуçларĕ... Унта вăл кашни кунах икшер сехет ташлать. Паллах, ку лайăх япала, анчах... ытлашши ташланипе унăн пуçĕнчен геометри формулисемпе теоремисем чылайăшĕ туха-туха ÿксе çухалнă. Малалла та çавăн пекех пулсан, унăн аттестат илме вăйĕ юлмасран хăратпăр. Экзаменсем çывхараççĕ».

Çăнах та, çав вăхăтра Лида дневникĕ çинче «иккĕ» паллăсем курăнкалатчĕç. «Эсĕ мĕншĕн начар вĕренме пуçларăн?»—ыйтнăччĕ унтан Петя. «Ара эсĕ пĕлместĕн-и, Петя?—тенĕччĕ Лида кулкаласа ăна хирĕç.—Агроном пулма геометри ытлашши кирлех те мар вĕт». Петя агроном пулма та геометри питĕ кирли çинчен ăнлантарнă. «Ăнлантăм, юлташăм,—ответленĕччĕ Лида çаплах кулкаласа,—анчах эсĕ мана ăнланаймăн-ха. Кайран ăнлантарăп. Вуннăмĕш класс пĕтерсен...»

Мĕн ăнлантарасшăн пулнă вăл?—ун çинчен Петя мансах кайнă. Халĕ вара вăл йăлтах аса килнĕ те пуçрах çаврăннă...

Вĕсем лапсăрка тополь айĕнчи вăрăм сак çине пырса ларнă. Шăпчăксем юрланă. Тулли уйăх çутатнипе йывăççенчен ÿкнĕ чăпар ĕмĕлкесем Лидăн шурă кĕпи çине илемлĕ тĕрĕсем тĕрленĕ. Каç ăшă та лăпкă пулнă. Сывăхра юрă шăраннă.

...Сердцу хочется ласковой песни
И хорошей большой любви...

«Çитĕнсен çапла мĕн вăл,—ăшшăн шухăшланă Петя, Лида çине час-часах пăхкаласа илсе.—Чĕре те урăхла... Темĕншĕн канăçсăр...»

— Лида, астăватăн-и, эсĕ мана темĕн çинчен вуннăмĕш класс пĕтерсен ăнлантарса парăп тенĕччĕ,—хуллен ыйтнă Петя, пĕр вăхăт хушши чĕнмесĕр ларнă хыççăн.

— Хăçан?

— Агрономсене те геометри кирли çинчен калаçнă чух...

Лида кулса илнĕ, кăштах тăхтасан вара лăпкă сасăпа калаçма пуçланă.

— Петя, ман пуçра халĕ темĕнле шухăшсем те çаврăнаççĕ пуль. Пĕрне те тĕплĕн уйăрса илейместĕп. Пăтранчăк кăна. Ялхуçалăх институтнех илер-ха. Агроном ĕçĕ. Эсĕ ун пирки лайăх шухăшласа пăхрăн-и?

— Тахçанах шухăшланă.

— Эпĕ те. Пĕрлех калаçса татăлнăччĕ вĕт-ха. Анчах юлашки вăхăтра урăх ĕмĕтсем çуралма пуçларĕç...

— Мĕнле ĕмĕтсем?—ыйтнă Петя, Лида сумнерех куçса ларса.

— Эпир санпа Мичурин пек пулма ĕмĕтленнĕччĕ,—тенĕ Лида, кăштах шухăшласа ларнă хыççăн.—Анчах эпир ун пек пулайрăпăр-ши? Тен, ватăлсан, утмăл-çитмĕл çула çитсен пулăпăр та. Унччен? Пĕтĕм çамрăк ĕмĕр иртсе каять вĕт... Чапсăр, мухтавсăр... Мичурин та ватăлсан кăна чапа тухнă.

— Кунпа мĕн каласшăн эсĕ?—тĕлĕннĕ Петя.

— Нимех те мар,—çаплах лăпкăн калаçнă Лида.—Малалла итле. Мичурин хăй вăхăтĕнче пĕччен кăна пулнă. Ну, пĕччен пулсан та, ун пеккисем нумай пулман. Сăмах майăн каласан, çĕр çаврăннине эпир халĕ пурте лайăх пĕлетпĕр, анчах пуçласа пĕлекен пĕр çын — Коперник—вилĕмсĕр чап илсе юлчĕ. Тĕнчере урăх Коперник пулма пултараймасть. Мичурин пирки те çаплах...

— Апла пулсан, сан шутпа, эпир нихçан та Мичурин пек пулаймастпăр, ахаль агроном пулнинче кăна нимĕнле чап та, мухтав та çук?..—такамран хăранă пек шăппăн ыйтнă Петя.

— Эпĕ апла каласшăн мар. Лысенко та агроном, анчах эпир ун пек талантлă мар-çке-ха. Ун пек талантсем сахал... Калăпăр, эсĕ—агроном. Институт пĕтернĕ çын. Ĕçлеме пĕр-пĕр колхоза ярĕç. Яланах уй-хирте те колхоз правленийĕнче. Мĕнле ĕçпе чапа тухма пултарăн-ши унта? Эпир Сталинград таврашне кайма ĕмĕтленнĕччĕ, анчах эпир вĕренсе тухиччен унта пирĕн валли вырăн та юлмасть...

— Ăнлантăм,—тенĕ Петя кулкаласа. Вăл кулнине Лида асăрхаман. — Сан шутпа вĕренме ăçта кайсан, мĕнле професси илсен лайăхрах? Сан ĕмĕтсем мĕнле?

Лида пĕр вăхăт хушши шухăша путса ларнă.

— Мичуринскран таврăнсан, пĕр эрне хушши Мускава кайса пурăнтăм. Пичче патĕнче. Эсĕ ун çинчен пĕлетĕн ĕнтĕ. Эпир опера театрне кайса куртăмăр. Унта консерваторирен вĕренсе тухнă çамрăк артистсемпе артисткăсем юрлаççĕ. Вăхăтăн-вăхăтăн пиншер çын алă çупнисем аслати сасси пек кĕрлесе каяççĕ, сцена çине хитре чечек çыххисем ываттаççĕ, юрлакансене темиçе хутчен те сцена çине тухма ыйтаççĕ. Эсĕ ун пек япалана нихçан та курман, Петя. Опера пĕтрĕ те, сцена пĕтĕмпех чечек çыххисемпе витĕнчĕ, çав чечексем хушшинче артистсем тăраççĕ. Халăх çаплах саланмасть, вĕсемсĕр алă çупать... Театртан эпĕ хама çунатланса тухнă пек туйрăм. Çав каçхине вара тĕлĕнмелле тĕлĕк куртăм: эпĕ—артистка, пысăк театр сцени çинче чечексем хушшинче тăратăп. Эсĕ те манпа юнашарах пек. Çынсем пире саламлаççĕ... Тепĕр кунне пиччепе парка тухрăмăр. Аллея тăрăх шутсăр чаплă тумланнă икĕ хитре хĕр хуллен утса пыраççĕ, темĕн çинчен кулкаласа калаçаççĕ. Паркри çынсем вара вĕсем çине пăхаççĕ те, «Вĕсем опера театрĕнчи артисткăсем»,—теççĕ... Аллея тăрăх ытти çынсем те çÿретчĕç, вĕсен хушшинче профессорсем те, агрономсем те пулнă пуль, анчах вĕсене никам та паллаймарĕ те, асăрхамарĕ те.

— Да-а-а,—тенĕ Петя нимĕн пулман пекех лăпкăн, çĕрелле пăхса.—Профессорсемпе агрономсем, паллах, питĕ хурланчĕç пуль ун чух... Эсĕ артистка пуласшăн-и?

— Çапла. Эпĕ консерватори каясшăн. Мускава. Сана та пĕрлех чĕнетĕп. Эсĕ килĕшетĕн вĕт? Ăнлантăн пулĕ ĕнтĕ... Пур професси те пĕр пек мар... Артист пулма çăмăлрах, унăн ĕçĕ те йывăр мар,—хаваслă ĕç,—унта геометрисемпе тертлентермеççĕ.

— Эсĕ пурте паллакан мухтавлă çын пуласшăн ĕнтĕ... Çамрăклах тата çăмăл майпа илнĕ пысăк чап...—кулкаласа илнĕ Петя.—Анчах... Пурнăçра ун пек тума пулать-ши?

— Пулать,—тенĕ хавхаланса Лида.—Вăтам артист та чаплă агрономран паллăрах.

— Юрĕ.—Петя çаплах кулкаласа каласнă.—Мухтавпа чап эсĕ шухăшланă пек шыраниипех тупăнать-ши?

— Тупăнать. Ăна мĕнле шырамаллине пĕлес пулать. Агроном çулĕпе кайсан, вăл часах тупăнмасть. Эпир артистсен, писательсен, композиторсен ячĕсене лайăх пĕлетпĕр, анчах чаплă агрономсен, учительсен, инженерсен ячĕсене илтсен те часах манатпăр...

— Çапла, эпир пурин ячĕсене те пĕлейместпĕр çав,—тенĕ Петя сÿренкĕ сасăпа.—Хамăр пурăнакан ик-виçĕ хутлă чул çуртсене тăвакан инженерсемпе рабочисен ячĕсене те, çак йывăççене камсем лартса ÿстернине те, хамăр ларакан сакка кам тунине те, чаплă киносенче выляакан артистсен ячĕсене те лайăх астăваймастпăр. Тен, вĕсем çак аллейăпах иртсе кайрĕç пуль, анчах эпир вĕсене паллаймарăмăр та.

— Филармони артисткине палларăмăр!

— Çук, эпĕ ăна та паллаймарăм. Çав никама та паллă мар çынсем пирĕншĕн ĕçленĕ, тăрăшнă, халĕ те тăрăшаççĕ. Мухтавпа чап шыраççĕ-ши вĕсем, çук-ши. Ман шутпа Михайловна Козловский çăмăл майпа чап илессишĕн артист пулман пуль. Лысенко биологи наукине мĕнле аталантарчĕ! Çав ĕçсене тунă чух вăл мухтавпа чап çинчен шухăшланă-ши?

Лида чĕнмен. Петя ура çине тăнă. Ун умĕнче ачаранпах пĕрле ÿснĕ, пĕрремĕш класран пуçласах пĕрле вĕреннĕ, яланах туслă пулнă, Мичуринска та пĕрлех кайса килнĕ ырă кăмăллă Лида мар, таçтан килнĕ хĕрача тăнă пек туйăннă. Темиçе минут кăна маларах ăшă туйăмсемпе пăлханнă чĕре халĕ ыратнă... Петя йăлтах ăнланнă. «Акă мĕншĕн юратман вăл геометрие! Ăна çăмăл ĕçпе чап илĕртнĕ мĕн»,—шухăшланă вăл Лидăпа юнашар утса. Паркран тухнă çĕрти электричество хунарĕ айĕнче вĕсем чарăнса тăнă.

— Лида,—тенĕ Петя, ăна куçран тинкерсе пăхса,—эсĕ йăнăшатăн. Кун пирки çынсем те çаплах калаççĕ.

— Пĕлместĕп...—Лида сасси чĕтренсе тухнă.—Консерватории эпĕ сана ирĕксĕр чĕнместĕп. Эсĕ те ман пекех çитĕннĕ çын, хăвăншăн хăвах шухăшлама пултаратăн. Эпĕ хам ăçта кайма шухăшланине каларăм. Унта ытти çынсен нимĕнле ĕç те çук.

— Консерваторие кайни питĕ лайăх, уншăн савăнатăп, анчах унта çăмăл майпа чап шыраса кайни тĕрĕс мар. Артист пулма пĕрре те çăмăл мар. Эпир артист юрланине е выляние куратпăр та, пирĕншĕн унăн ĕçĕ çăмăл пек туйăнать. Тĕрĕссипе, вăл йывăр ĕç. Сцена çинчи артистăн ăна театрта курса ларакан

(Юлашки 4-мĕш страницăра).

## Чехословакире Кличав çинчи пӗвене туса пӗтернӗ

### Запотоцкий сӑмах каланӑ

ПРАГА, августӑн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Августӑн 1-мӗшӗнче Кличав шывӗ çинчи пӗвене туса пӗтернӗ. Ана туса пӗтернӗ ятпа савӑнӑçлӑ митинг пулнӑ. Митингра Чехословаки республикин президенчӗ Антонин Запотоцкий сӑмах тухса каланӑ. Вӑл Кличав шывне пӗвелени Чехословаки республикинчи Коммунистсен партийӗпе правительство Кладно хулинчи ӗçсынисен пурнӑçне лайӑхлатассишӗн тӑрӑшнине кӑтартса паракан çӗнӗ тӗслӗх пулнине палӑртнӑ. Кладно хули нумай вӑхӑтранпа, темиçе çул хушши шыв çитменнипе аптранӑ. Хулана Кличав шывне илсе памалли проекта халӑхӑн демократиллӗ правительстви кӑна пурнӑçланӑ.

Президент уйрӑмах çакна палӑртнӑ: Чехословаки правительстви хӑй умне лартнӑ тӗп задача вӑл халӑх пурнӑçне лайӑхлатса пырасси пулать, анчах çак задачӑна пурнӑçланӑ çӗрте пысӑк йывӑрлӑхсем чылай, çавсене çӗнтерес пулать. Запотоцкий предприятисенче ӗçе лайӑхрах организацилеме тата ӗç тухӑçлӑхне ӳстерме кирлӗ çинчен каланӑ.

Унтан президент ялхуçалӑхӗнчи çитменлӗхсем çинче чарӑнса тӑнӑ. Ялхуçалӑхӗн тухӑçлӑхне ӳстермелле, — тенӗ вӑл.— Çавна тума пирӗн пӗртен-пӗр тӗрӗс çул пур, ку çул вӑл—лайӑх организациленӗ кооперативсем тӑвасси. Вӗсем, агротехникӑлла мероприятисен пӗтӗм комплексне пурнӑçласа, пысӑк тухӑçлӑ тырпул туса илме пултарассӗ. Çак кооперативсем пирӗн пӗтӗм халӑхӑн пурнӑç шайне ӳстермелле.

Çавӑнпа пӗрлех Запотоцкий ялхуçалӑхне кооперацилес ӗçе ирӗклӗ йӗркепе туса пымаллине, хресченсене кооперативсене хӑйсем кӑмӑлӗпе тунӑ тӑрӑх кӑна кӗртмеллине, хальхи вӑхӑтри кооперативсене тӗреклетес тӗллӗшпе ытларах ӗçлеме кирлине уйрӑмах палӑртнӑ.

## Китайӑн экономикӑри çитӗнӳсем

ШАНХАЙ, августӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). «Хэнаньжибао» хаçат Хэнань провинцийӗнче экономика вӑйланса пыни çинчен калакан сведенисене пичетленӗ. Çав сведенисене провинцин финанспа экономика комитечӗн председатель заместителӗ Ли Сань çав провинцири профсоюзсен июлӗн 23-мӗшӗнче пулнӑ иккӗмӗш конференцийӗнче каласа панӑ.

Провинцире 1952 çулта туса илнӗ тӗштырӑ хисепӗ, 1950 çулхипе танлаштарсан, 125,43 процент пулнӑ, тенӗ Ли Сань. Хальхи вӑхӑтра провинцири мӗнпур хресченсен хуçалӑхӗсенчен 35,13 процентӗ ялхуçалӑхӗнчи производствӑлла кооперативсене тата ӗçре пӗр-пӗрне пулӑшмалли бригадӑсене пӗрлешнӗ.

Промышленность производствине ӳстерес енӗпе те пысӑк ӗçсем тунӑ. Промышленность производстви 1950 çулта туса кӑларнӑ продукцие 100 процент вырӑнне илсе шутласан, 1952 çулта туса кӑларнӑ продукци 410,54 процент чухлӗ пулнӑ. Машинӑсем тӑвас ӗç, çӗр кӑмрӑкӗ кӑларасси, электричество энергийӗ туса тӑрасси, çип арласси, ӳсентӑран çăвӗ туса хатӗрлесси тата хӑвӑртрах ӳссе пынӑ. Заводсен тата сӑрт-ту промышленность предприятийӗсен шучӗ 1953 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, 95,1 процент ӳснӗ.

## Халӑх влаçӗ Польшӑра тырӑ тухӑçлӑхне ӳстерме тӑрӑшать

ВАРШАВА, августӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Ялхуçалӑхне аталантарассишӗн, уй-хирти тырпул тухӑçне ӳстерессишӗн тӑрӑшса, государство искусственнӑй удобрени ытларах туса кӑлармалла тӑвас енӗпе нумай ӗçлет. Вӑрçӑ хыççӑнхи çулсенче çӗршывра искусственнӑй удобренисем туса кӑларакан кивӗ предприятисене юсанӑ, пысӑклатнӑ тата урӑхлатса çӗнетнӗ, çӗнӗрен хими промышленноçӗн пысӑк заводсене, çав шутра Визоври, Кендзежинри тата ытти хуласенчи заводсене лартнӑ.

Улттӑ çуллӑх планӑн малтанхи виçӗ çулӗнче çӗршывра фосфорлӑ удобренисем тӑвасси, 1949 çулхипе танлаштарсан, 33 процент ытла, азотлӑ удобренисем тӑвасси 52,3 процент ӳснӗ. Кӑçалхи план тӑрӑх, фосфорлӑ удобренисем — 1949 çулхинчен 44,2 процент ытларах, азотлӑ удобренисем 90 процент ытларах туса кӑларма палӑртнӑ.

## Польша Министрӗсен Совечӗн президиумӗ Демократиллӗ Корея Халӑх Республикине пулӑшасси çинчен решени йышӑннӑ

ВАРШАВА, июлӗн 31-мӗшӗ. (ТАСС). Хаçатсем çинче Польша Халӑх Республикин Министрӗсен Совечӗн президиумӗ Демократиллӗ Корея Халӑх Республикине хӑйӗн хуçалӑхне юсама пулӑшасси çинчен йышӑннӑ решени пичетленсе тухнӑ.

Решенире çапла каланӑ:

«Гитлер çарӗсем тапӑнса çӗршыва пырса кӗнӗ тата оккупациленӗ вӑхӑтра Польша хуçалӑхӗ питех те нумай арканнӑ, сынсем асап курнӑ. Польша Халӑх Республики халӗ Демократиллӗ Корея Халӑх Республики хӑйӗн хулисене, ялӗсене, промышленность предприятийӗсене, агрессорсем тискеррӗн аркатса тӑкнӑскерсене, юсама тӑрӑшнине уйрӑмах ырлать тата çавсене юсама нумай вӑй кирлине ӑнланать.

Польша халӑхӗн çак позицине палӑртса, Польша Халӑх Республикин Министрӗсен Совечӗн президиумӗ 1953 çулхи июлӗн 28-мӗшӗнче Демократиллӗ Корея Халӑх Республикине пулӑшу парасси çинчен решени йышӑнчӗ.

Польша Демократиллӗ Корея Халӑх Республикине машинӑсем, оборудовани тата ытти материалсем парса пулӑшать, çавӑн пекех тата промышленноçӑн хăшпӗр предприятийӗсемпе хулисене юсама техникӑлла пулӑшу парать».

## Эсӗ йӑнӑшатӑн...

(Юлашки. Пуçламӑшӗ 3-мӗш страницӑра).

пиншер сынсен чӗрисене кӗрсе вырнаçма пӗлмелле! Ун пек пулма пур çын та пултараймасть, анчах эсӗ пултарӑн, Лида. Енчен, эсӗ мухтавпа чап кӑна шыратӑн пулсан,— нихçан та лайӑх артист пулаймастӑн... Ӗнер кӑна пиччерен çыру илтӗм,—Петя кӗсъерен çыру кӑларнӑ та Лидӑна панӑ.—Вуласа пӑх...

Лида васкамасӑр вуланӑ.

«...Петя, эсӗ мӗнле професси лайӑхраххи çинчен пӗлесшӗн. Пирӗн çӗршывра начар професси пӗрре те çук. Кам мӗнле ӗçе юратать, уншӑн çавӑ лайӑх. Учительсем пиншер ачасене вӗрентеççӗ, вӗсене халӑхшӑн кирлӗ те усăллӑ çынсем тӑваççӗ. Инженерсем — заводсем, çуртсем, станоксем тӑваççӗ. Эсӗ вӗренекен шкула та, кулленех ларса çӳрекен трамвая та, эсӗ тӑхӑнса çӳрекен костюмсене те инженерсемпе рабочисем тунӑ. Театрсенче пулакан киносем, спектакльсем, концертсем хӑйсен ӗçне чӗререн юратакан артистсем тӑрӑшнипе пулнӑ. Эпир кулленех çиекен çӑкӑра пирӗн вӗçӗ-хӗррисӗр уй-хирсенче акса ӳстернӗ, унта тырпулӑн кашни пӗрчинех, пучахне асӑрхаса, вӗсем татах та тухӑçлӑрах пулччӑр тесе, пиншер колхозниксемпе агрономсем ӗçлеççӗ. Врачсем, артистсем, капитансем, шахтерсем, музыкантсем... Мӗн чухлӗ професси! Ӗçе юратма пӗлес пулать, çавӑнпа ӑна суйласа илме те пӗлмелле. Хăшпӗрисем çамрӑк чухне йӑнӑшаççӗ, йывӑртарах ӗçрен хӑраççӗ, ӗçлемесӗрех е çӑмӑл майпа мухтавпа чап шыраççӗ. Ун пек çынсенчен нихçан та пархатар пулмасть, вӗсем нихçан та мухтавлӑ пулмаççӗ, мӗншӗн тесен ун пеккисене халӑх хисеплемест. Пӗлетӗп, эсӗ ун пек çын мар, анчах халь çавӑн пек шухӑшлатӑн пулсан—эсӗ йӑнӑшатӑн. Мухтавпа чапа шыраса тупмаççӗ, вӗсем тӗрӗс ӗçлекен çын патне, пӗтӗм çӗршывшӑн тӑрӑшакан патне хӑйсемех пыраççӗ».

Вӗсем паркран тухнӑ та килелле утнӑ. Калаçу ниепле те çыпӑнчех çыхӑнайман, Лида час-часах Петя ыйтӑвӗсене те ответлемен. Вӑл шухӑша кайса пынӑ.

— Ырӑ кас пултӑр,—тенӗ Петя Лидӑсен пӳрчӗ тӗлне çитсен.

— Сана та ырӑ кас пултӑр. Анчах эпӗ кӗçӗр часах сывӑрса каяймастӑп пуль...—Лида куçӗсем кăштах шывланнӑ пек курӑннӑ.—Кӗçӗр эпӗ шухӑшлас тетӗп... Ыран тӗл пулӑпӑр. Калаçӑпӑр...

Унӑн сасси мӗншӗн чӗтреннине, куççулӗсем мӗншӗн тухнине Петя ниепле те çийӗнчех ӑнланса илеймен: тав туса-ши, çилленсе-ши?..

— Лида,—тенӗ вӑл юлашкинчен хӗр куçӗсенчен пăхса, лăпкӑ сасӑпа,—тен эсӗ мана ӑнланмарӑн пуль? Эпӗ сана начар пултӑр теместӗп...

— Пӗлетӗп, Петя... Эпӗ ӑнланатӑп... Эпӗ татах нумай шухӑшласа пăхӑп-ха,—Лида пуçне уснӑ та пӗр вӑхӑт хушши чӗнмесӗр тăнӑ...

«Лида ӑнланчӗ-ши?—шухӑшланӑ Петя, урам тӑрӑх хуллен кӑна килелле утса.— Лайӑх хӗр... Ӑнланнӑ пулсан, вӑл артистка пулма та пултарать...»

Петьӑн ниепле те çывӑрма вырттас килмен. Сунатланса çӳле-çӳле вӗççе хăпарасчӗ те, пӗтӗм çӗршыв çийӗн çавӑрнса киласчӗ. Мичуринск çийӗн те, Мускаври театрсем çийӗн те вӗççесчӗ... Çук, пӗччен мар: Лидӑпа пӗрле...

Июль каçӗсем! Сирӗн ăшă ытамӑрта мӗн чухлӗ çамрӑк хӑйӗн пуласлӑхӗ çинчен шухӑшлать-ши? Телейлӗ çул вӗсене!

Александр КЛЕМЕНТЬЕВ.

## Перемирие пурнӑçланине сӑнакан комиссин пӗррӗмӗш ларӑвӗ

ПЕКИН, августӑн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчӗ Кэсонран августӑн 1-мӗшӗнче пӗлтернӗ хыпарта çапла каланӑ:

Августӑн 1-мӗшӗнче, кӑнтӑрла 3 сехетре, Паньмыньчжоньре Корейӑри перемири çинчен тунӑ килӗшӳвӗн 36-мӗш параграфӗ тӑрӑх нейтральнӑй государствӑсен представителӗсенчен уйӑрнӑ комисси—перемирие пурнӑçланине сӑнакан комисси официальнӑй ӗçлеме тытӑннӑ. Комиссин пӗррӗмӗш ларӑвӗнче çаксем пулнӑ: Чехословакирен — Франтишек Бурес генерал-лейтенант, Польшӑран—Мечислав Вонгровский генерал-майор, Швецирен—Свен Графстрем генерал-майор, Швейцарирен — Фредерик Ринер генерал-майор.

Ларура Бурес генерал-лейтенантпа Вонгровский генерал-майор Чехословакипе Польшӑн мире юратакан халӑхӗсем Корейӑра перемири тунӑшӑн хытӑ савӑнни çинчен пӗлтернӗ. Перемири туни Корейӑра виçӗ çул хушши пынӑ вӑрçӑ чарӑннине кӑна пӗлтермест, вӑл çавӑн пекех Корея ыйтӑвне тата тӗнчери çӗршывсем хушшинчи ытти пысӑк ыйтусене мирлӗ майпа йӗркелес тӗллӗшпе тунӑ пӗррӗмӗш утӑм пулса тӑрать, тенӗ вӗсем.

Швеци представителӗ Свен Графстрем генерал-майор тата Швейцари представителӗ Фредерик Ринер Корейӑра перемири тунине хӑйсем кӑмӑллани çинчен пӗлтернӗ тата комиссин ытти членӗсемпе килӗштерсе ӗçлеме хатӗр пулни çинчен каланӑ.

## Перемирие пурнӑçланине сӑнакан нейтральнӑй комиссин иккӗмӗш ларӑвӗ

ПЕКИН, августӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчӗ Кэсонран çапла пӗлтернӗ: августӑн 2-мӗшӗнче перемирие пурнӑçланине сӑнама нейтральнӑй государствӑсен представителӗсенчен тунӑ комиссин иккӗмӗш ларӑвӗ пулнӑ. Лару çапла йышӑннӑ: нейтральнӑй çӗршывсен сӑнаса тӑракан кашни ушкӑнне тӑватӑ нейтральнӑй государствӑран кашнинчен икшер офицер кӗмелле.

Ларура сӑнав ӗçӗсене туса пыракан нейтральнӑй ушкӑнсем вуçса çӳрес тата сыхӑну тытас ыйтусем çинчен, вӗсен членӗсемшӗн хӑрушсӑрлӑх туса хурас ыйтусем çинчен сӳтсе явнӑ.

### ПХЕНЬЯН ХУЛИНЕ ЮСАССИ ТАТА УРӐХЛАТСА ÇӖНЕТЕССИ ÇИНЧЕН ПОСТАНОВЛЕНИ ЙЫШӐННӐ

ПХЕНЬЯН, августӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Паян Корейӑн центральнӑй телеграф агентстви Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин министрӗсен кабинечӗ Америка интервенчӗсем аркатнӑ Пхеньян хулине юсасси тата урӑхлатса çӗнетесси çинчен 1953 çулхи июлӗн 30-мӗшӗнче йышӑннӑ постановление хаçатсем çинче пичетлеме панӑ.

Пхеньяна юсанӑ тата урӑхлатса çӗнетнӗ чухне хула аталанӑвӗн историре уйрӑмах палӑрса тӑракан енӗсене сыхласа хăвараççӗ. Хулана 10—15 çул хушшинче юсама тата урӑхлатса çитерме палӑртнӑ. Пӗррӗмӗш черетри юсав ӗçӗсене виçӗ çул хушшинче туса пӗтермелле.

Постановленире хулари халӑхӑн йышне пӗр миллион çынна çитиччен ӳстерме палӑртнӑ. Пхеньян центрӗ—3,6 гектар йышӑнакан площадь, центрти урам—Тэдонган шывӗпе пӗр майлӑ выртакан аслӑ проспект пулать. Постановленире авалхи памятниксене пурне те юсама, стадионсем, спорт площадкисем, ишмелли шыв бассейнӗсем тума палӑртнӑ.

Правительство решенийӗ тӑрӑх Пхеньяна юсас тата урӑхлатса çӗнетес тӗллӗшпе ӗçлекен комисси тунӑ. Комисси пуçлӑхӗ пулма республика Министрӗсен кабинечӗн председательне Ким Ир Сена уйӑрнӑ.

### АМЕРИКӐН КОРЕЙӐРИ 8-мӗш ÇАРӖН КОМАНДУЮЩИЙӖН ЗАЯВЛЕНИЙӖ

НЬЮ-ЙОРК, августӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Юнайтед Пресс агентствин корреспонденчӗ Сеултан пӗлтернӗ тӑрӑх, Америкӑн Корейӑри 8-мӗш çарӗн командующийӗ Тэйлор генерал: перемири тапхӑрӗнче «эпир, çара майӗпен тата йӗркеллӗн пысӑклатас принципа тытса пырса, Кӑнтӑр Корея çарӗн темиçе çӗнӗ чаçӗсене туса йӗркелетпӗр», тесе каланӑ.

Перемири условийӗсем тӑрӑх, вӑрçа хутшӑннӑ икӗ енӗн те хӑйсен çарӗсен йышне ӳстерме юрамасть.

## Америка хушнипе хирӗç пырса

ПАРИЖ, августӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви Осло хулинчен çапла пӗлтернӗ:

Норвегин Ют çӗршыв ӗçӗсен министерствин суту-илӳпе политика пайӗн директорӗ, Меландер, США президенчӗ Эйзенхауэр Америка конгресӗнче стратегилле материалсене Хӗвеланӑç Европӑран ССР Союзне сутас ыйтупа тунӑ доклад пирки çапла каланӑ: «Норвеги ССР Союзне алюмини малашне те сутса тӑрӗ», тенӗ.

Норвеги хӗвелтухӑçӗнчи блокри çӗршывсемпе суту-илӳ тӑвассине чакарма хӑтланнине хирӗç тӑрать, тесе каланӑ Меландер.

## „Анри Мартэна ирӗке кӑларни— Франци халӑхӗн çӗнтерӗвӗ“

ПАРИЖ, августӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Анри Мартэна ирӗке кӑларни вӑл Франци демократиллӗ правӑсемпе ирӗклӗхсене сыхласа хӑварассишӗн кӗрешекен халӑхӗн пысӑк çӗнтерӗвӗ пулать, тесе çыраççӗ демократиллӗ хаçатсем. «Анри Мартэна ирӗке кӑларни, — тесе çырать паян Жак Дюкло «Юманите» хаçатра, — питех те пысӑк пӗлтерӗшлӗ ӗç пулса тӑрать, мӗншӗн тесен çак ӗç Индо-Китайри вӑрçа чарса лартассишӗн çине тӑрасси кунтан-кун вӑйланса пынӑ вӑхӑтра, çавӑн пек хирӗç тӑни правительствӑри çынсене те кун çинчен шухӑшлаттарма пуçланӑ вӑхӑтра пулса иртрӗ».

«Юманите» хаçатра Анри Мартэн Морис Торез патне янӑ çыру пичетленнӗ. Çав çырура Мартэн ӗççынисем тӗрмере ларакан ытти демократиллӗ деятельсене те ирӗке кӑларма пултарассине шанса тӑни çинчен, Мартэн хӑй çав тӗллеве пурнӑçлама пур майсемпе те тӑрӑшасси çинчен каланӑ.

Анри Мартэн хӑйне ирӗке кӑларассишӗн кӗрешнӗ мӗнпур организацисене тав тунӑ.

### АНРИ МАРТЭН ÇАМРӐКСЕН ПӖТӖМ ТӖНЧЕРИ ФЕСТИВАЛЬНЕ ИРТТЕРЕКЕН КОМИТЕТА ЯНӐ ТЕЛЕГРАММА

БУХАРЕСТ, августӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Паян хаçатсем çинче Анри Мартэн Çамрӑксемпе студентсен пӗтӗм тӗнчери фестивальне ирттерекен комитета телеграмма янӑ. Телеграммӑра çапла каланӑ:

«Халӑх тӑрӑшнипе пула паян ирхине ирӗке тухса, Çамрӑксен пӗтӗм тӗнчери фестивальне хӗрӳллӗ салам яратӑп».

## Бонри влаçсем демократиллӗ вӑйсене суйлав умӗнхи кампание хутшӑнма чӑрмантараççӗ

### Германири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Правленийӗн протесчӗ

БЕРЛИН, августӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). АДН агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, Германири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Правленийӗ Фюрст патне — «бундестаг суйлавне ирттерес тӗллӗшпе ӗçлекен руководитель» патне протест çырса янӑ. Унта влаçсем чылай çӗрте Коммунистсен партийӗ пухакан суйлав умӗнхи митингсемпе пухусене ирттерме чарни çинчен, плакатсемпе суйлав умӗнхи литературӑна конфискацилени çинчен тата коммунистсен партийӗн агитаци пункчӗсемпе çурчӗсене нумай çӗрте тапӑнни çинчен каланӑ.

Власть органӗсем, пуринчен малтан полици, çавӑн пек ӗçсем туни,—тенӗ протестра, — конституцие киревсӗррӗн пăсни, сӑмахран, Тӗп законӑн 8-мӗш, 18-мӗш тата 21-мӗш статьисене пăсни пулать.

Юлашкинчен протестра Германири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй правленийӗ Хӗвеланӑç Германири «бундестаг суйлавне ирттерес тӗллӗшпе ӗçлекен руководительтен» конституцие хирӗçле ӗçсене, коммунистсен партине суйлав умӗнхи кампание ирттерме чӑрмантаракан ӗçсене тума чарас пирки мерӑсем йышӑнма требовани лартнӑ.

## Иртнӗ вӑрçӑра парӑнтарнӑшӑн тавӑрма ӗмӗтленекен çынсен пухӑвӗсем

БЕРЛИН, августӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Хӗвеланӑç Германири ДПА агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, августӑн 2-мӗшӗнче Хӗвеланӑç Германири чылай хуласенче, сӑмахран, Киль, Бонн, Мюнхен, Равенсбург, Нюрнберг хулисенче тата Хӗвеланӑç Берлинра иртнӗ вӑрçӑра парӑнтарнӑшӑн тавӑрма ӗмӗтленекен çынсен митингӗсем пулнӑ.

Митингсенче Бонри правительствӑн членӗсем тата Хӗвеланӑç Германири иртнӗ вӑрçӑра парӑнтарнӑшӑн тавӑрма ӗмӗтленекен çынсен тӗрлӗ организацийӗсен представителӗсем сӑмах тухса каланӑ. Равенсбургри (Кӑнтӑрти Вюртемберг) митингра Бонри канцлер Аденауэр сӑмах тухса каланӑ. Вӑл иртнӗ вӑрçӑра парӑнтарнӑшӑн тавӑрассишӗн çине тӑма хӗтӗртнӗ. Аденауэр, чӑннипе илсен, Хӗвеланӑç Германире иртнӗ вӑрçӑра парӑнтарнӑшӑн тавӑрма ӗмӗтленекенсен юхӑмне вӑйлатма, Одерпа Нейссе шывӗсем тӑрӑх пыракан чикӗрен хӗвелтухӑç енчи территорисене вӑйпа ирӗксӗрлесе тавӑрассишӗн тӑрӑшма чӗннӗ.

Аденауэр: куçса килнӗ çынсен хӑйсен ӗлӗкхи вырӑнӗсене «каялла таврӑнмалли кунӗ пурпӗрех çитет», тенӗ.

Хӗвеланӑç Берлинра ӗнер пулнӑ митингра Бонри министр Кайзер тата Хӗвеланӑç Берлинӑн обербургомистрӗ Рейтер çавӑн пек хӗтӗртсе каланӑ.

Кайзер хӑйӗн сӑмахӗнче: Бонри правительство Германие нимӗçсен Одерпа Нейссе шывӗсем тӑрӑх пыракан чикӗсем леш енчи территорийӗпе «пӗрлештерес» политика тытса пырать, çав политикӑна пурнӑçлассишӗн нумай ӗçлет, тенӗ.

Шлезвиг-Гольштейн çӗрӗнче куçса пынӑ çынсен ӗçӗсене туса тӑракан министр Асбах вара Майн çинчи Франкфурт хулинче пулнӑ митингра, «куçса пынӑ çынсен» митингӗнче тухса каланӑ. Германие «хӗвелтухӑçӗнчи территорипе пӗрлештерес ӗçе» пӗтӗм Европа хутшӑннипе, урӑхла каласан, «Европа çарӗ» текенскерӗн ялавӗпе витӗнсе, Хӗвеланӑç Германин агрессиллӗ çарне тунипе çеç пурнӑçлама пулать, тенӗ вӑл.

## Япони парламентӗнче

ШАНХАЙ, августӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Токиоран илнӗ хыпарсем тӑрӑх, паян Япони парламенчӗн кӗçӗн палатинче ют çӗршыв ӗçӗсен министрне Окадзакие шанмалла мар тесе тӑратнӑ сӗнӗве сасӑланӑ. Кун пирки оппозицири партисем — сылтӑмри тата сулахайри социалистсем сӗнӳ тӑратнӑ пулнӑ. Вӗсем, Токиори радио пӗлтернӗ хыпарта каланӑ тӑрӑх, Окадзакие «дипломати ӗçӗнче Америка майлӑ пулса ӗçленӗшӗн» кабинетран кӑларма требовани лартнӑ.

Окадзакие шанмалла марри çинчен сӗнӳ тӑратнӑ партисем — оппозицири партисем министра Япони милитаризма çӗнӗрен çӗклентерес политика тытса пынӑшӑн айăпланӑ. Çӗршывра милитаризм çӗкленессине хăвӑртлатас ӗçре Америка «пӗр-пӗрин хӑрушсӑрлӑхне пӗрлешсе хӳтӗлемелли управленийӗ» енӗпе паракан «пулӑшу» пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать.

Сулахайри тата сылтӑмри социалистсен партийӗсен резолюцийӗнче каланӑ тӑрӑх, Окадзаки çирӗп экономика тума май паракан политикӑна пурнӑçлама килӗшмест, вӑл пӗр тан мар правалла договорсене, сӑмахран, Японипе Америка хушшинчи «хӑрушсӑрлӑх пакчӗ» текен договора тата административлӑ килӗшӗве тума пулӑшнӑ, çав договорсем тӑрӑх Японие ӗмӗр-ӗмӗр урӑх çӗршыв оккупацилесе тӑмалли йӗрке тунӑ.

Окадзакие шанчӑксӑр çын тесе шутламалли çинчен панӑ сӗнӳшӗн 133 депутат, ку сӗнӗве хирӗç 199 депутат сасӑланӑ. Сигемицу ертсе пыракан «прогрессивлӑ» парти текенскерӗн депутачӗсем мӗнле позици йышӑнни çине уйрӑмах асӑрхаса пăхма тивет. Çак парти сӑмахпа хӑйне Иосидӑн хальхи кабинетне хирӗç тӑнӑ пек кӑтартать, чӑннипе вара вӑл политикӑлла ыйтусене татса памалла чухне правительствӑна пулӑшать. Ку парти çавӑн пек хӑтланнине Япониври демократилле шухӑшлӑ çынсем палӑртаççӗ. Çапла, «прогрессивлӑ» парти депутачӗсем нумай пулмасть парламент бюджета çирӗплетнӗ чухне влаçра тӑракан либералла партипе пӗр блок тунӑ.

Япониври общественность Окадзакие влаçри пысӑк та киревсӗр ӗçсем тӑвакан çын тесе шутлать. Окадзакие шанчӑксӑр çын тесе шутласси çинчен сасӑламалла чухне «прогрессивлӑ» партин фракцийӗ кӗçӗн палата ларӑвне пыман.

## Гоминдановецсен бандисем Бирмӑра ирсӗр ӗçсем тума чарӑнмаççӗ

ШАНХАЙ, августӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Июнӗн 23-мӗшӗнче, Бангкокра США, Бирма, Таиланд тата гоминдан шайккин çар представителӗсен канашлӑвӗ пулни, канашлу гоминдановецсен çарӗсене Бирмӑран илсе тухма решени йышӑнни çинчен пӗлтернӗччӗ ӗнтӗ. Анчах гоминдановецсен Бирма территорийӗнчи бандисен пуçлӑхӗсем хӑйсен çарӗсене унтан илсе кайма килӗшмеççӗ тата хӑйсем малашне те Бирма территорийӗ çинче «кӗрешесси» çинчен сӗмсӗррӗн калаççӗ.

Гоминдановецсен бандисем Çурçӗр Хӗвелтухӑç Бирмӑри халӑха халӗ те çаратаççӗ. Юлашки вӑхӑтра гоминдановецсем Бирмӑра преступленилле ӗçсем ытларах тума тытӑннӑ. Çак кунсенче гоминдановецсен вӑрӑ-хурахӗсем Кенг-Тунг сывӑхӗнчи ял çине тапӑннӑ, выльӑхсене тата вӗсемпе пӗрле ял старостине илсе кайнӑ, укçа тӳлесен çеç старостӑна каялла таврӑтпӑр, тенӗ.

Кӑнтӑр Хӗвелтухӑç Азири çӗршывсенчи прогрессивлӑ общественность çапла шутлать: гоминдановецсен бандисем Бирма территорийӗнче пурӑнни çав районта миршӗн хӑрушлӑх туса хурать. Çав çӗршывсенчи хаçатсем Бирмӑра гоминдановецсем ирсӗр ӗçсем тунӑ пирки тарӑхса çыраççӗ, гоминдановецсен бандисем урӑх çӗршывсенчен пулӑшу илнине палӑртаççӗ. «Нью таймс оф Бирма» хаçат гоминдановецсем агрессиллӗ çӗнӗ авантюрӑсем хатӗрлени, Монг-Сатри аэродрома аслăлатни çинчен пӗлтернӗ. «Тайван утравӗ çинчен вӗçсе тухакан самолетсем кашни эрнерех çав аэродром çине анса лараççӗ», тесе çырнӑ хаçат.

Гоминдановецсем «хӑйсен çарӗсене Бирмӑра Америка хӗснӗ пирки çеç тытса усраççӗ», тесе палӑртнӑ «Таймс оф Индиа» хаçат.

## Куракансемпе театр

Чӑвашсен республикӑри куçса çӳрекен колхоз театрӗ, час-часах колхозсенче пулса, ӗççынисен анлӑ массине çӗнӗ постановкӑсемпе паллаштарать. Юлашки уйӑхсенче кӑна пирӗн колхозра икӗ спектакль лартса пачӗç.

Театрӑн пӗр бригади В. Гольдфельд çырнӑ «Иванпа Марье» пьесӑна лартса пачӗ. Курма пынӑ çынсене спектакль кӑмӑла кайрӗ. Анчах пьесӑри рольсене выляакан артистсен хушамачӗсене куракансем пӗлеймерӗç, çавӑнпа та спектакльте лайӑх выляакан артистсен ячӗсене асӑнса тав тӑваймарӗç. Спектакль пӗтнӗ хыççӑн та каласусем пулмарӗç, куракансен шухăш-кӑмӑлне ыйтса пӗлмерӗç. Çапла вара артистсем спектакле сцена çинче выляса пачӗç те, театрӑн ӗçӗ вӗçленчӗ.

Театрӑн тепӗр бригади Болгари драматургӗ, Димитровла премн лауреачӗ О. Васильев çырнӑ «Сӗр çинчи рай» ятлӑ драмӑпа пычӗ, анчах вӑл постановкӑна колхозниксем кураймарӗç.

Театр колхоза тӗттӗм пулсан çитнӗ. Унӑн администраторӗ спектакль пуласси çинчен колхозниксене пӗлтерме тӑрӑшман, çавӑнпа театра курма пыракансем пулман. Спектакльте выляма хатӗрленнӗ артистсем, кӑмӑлсӑр пулса, хӑйсен хваттерӗсене саланнӑ. Тепӗр кунне театр коллективӗ васкавлӑн колхозран тухса кайнӑ.

Хальхи вӑхӑтра театр искусстви колхозниксен хушшинче те тивӗçлӗ вырӑн йышӑнса тӑрать.

Театрсен куракансемпе çыхӑну тытассине вӑйлатмалла, ялти активпа çыхӑнса ӗçлемелле. Çавӑн чухне театр хӑйӗн умӗнче тӑракан задачӑсене ӑнӑçлӑн пурнӑçлӗ.

В. АНТОНОВ.

Первомайски районӗ, «Красный флот» колхоз.

## Художествӑллӑ пултарулӑх коллективӗсен смотрӗ

Çак кунсенче Шупашкарта Чӑвашпромсовет системине кӗрекен промысла артелӗсенчи художествӑллӑ пултарулӑх коллективӗсен республикӑри смотрӗ пулса иртрӗ. Смотра ултӑ артельти коллективсем хутшӑнчӗç.

Çак смотр Чӑвашпромсовет системине кӗрекен промысла артельсенчи художествӑллӑ пултарулӑх коллективӗсем, иртнӗ çулхи смотр вӑхӑтӗнчипе танлаштарсан, творчество тӗллӗшӗнчен чылай ӳснине кӑтартса пачӗ. Коллективсен репертуарӗ çӗнӗ произведенисемпе пуянланнӑ.

Республикӑри смотр комиссийӗ Улатӑрти «Красная швея» артелӗнчи художествӑллӑ пултарулӑх коллективне тата Шупашкарти «Победа» артелӗн халӑх инструменчӗсен оркестрне пӗррӗмӗш премипе паллалла турӗ. Канашри «Дружба» артелӗн хор коллективӗ иккӗмӗш вырӑн йышӑнчӗ.

Н. АМУРЦЕВ.

### КӐШМАНА ЛАЙӐХ ПӐХСА ÇИТӖНТЕРЕÇÇӖ

ЧУРАЧӐК. «Прогресс» колхозри выльӑх апачӗ хатӗрлекен бригада (бригадирӗ коммунист А. Яковлев юлташ) выльӑх кӑшманне лайӑх пӑхса çитӗнтерет. Кӑçал çак сӗтеклӗ апата 10 гектартан пурӗ 265 тоннӑран кая мар туса илессишӗн кӗрешеççӗ. Кӑшмана çумкурӑксенчен икӗ хут тасатнӑ, тракторпа культиваци тунӑ.

Ю. ПЕТРОВ.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Умстатья. — Парторганизацисен отчетпа суйлав пухӑвӗсем.

Республика тӑрӑх.

Мӗнпур комбайнсемпе, жаткӑсемпе тата молотилкӑсемпе тухӑçлӑн ӗçлер!

А. Тумаков.— Суд органӗсен ӗçӗнче социализмла законлӑха çирӗп пурнӑçласа пымалла.

А. Андреев.— Выльӑх-чӗрлӗх фермисене шыв парса тӑрасси.

Ют çӗршывсенчен килнӗ хыпарсем.

Республикӑри çӑмӑл атлетсен ӑмӑртӑвӗ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑç пайӗ—3-04, ялхуçалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, çырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 00403 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.